ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛĔШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1953 çул Март 14
ШӐМАТКУН
№ 53 (8962)
36-мĕш çул тухать.
Хакĕ 20 пус.

*Пирĕн чи таса тивĕç—социализмлă Тăван çĕршыва малалла чечеклентерсе пырасси пулать. Пирĕн социализмла промышленноçа, хамăр çĕршывăн хăвачĕпе çирĕплĕхĕн тĕрекне, пур майсемпе те аталантарса пымалла. Пирĕн колхоз стройне пур майсемпе те тĕреклетсе пымалла, совет çĕршывĕнчи мĕнпур колхозсене малалла çĕклесе чечеклентерсе пымалла, рабочи класпа колхоз хресченĕсен союзне çирĕплетмелле.*

(Г. М. Маленков юлташ сăмахĕнчен).

# Совет халăхĕ вăй-хăвата ÿстерсе коммунизм çĕнтерĕвĕшĕн кĕрешет

## Совет государствин хăватне ывăнма пĕлмесĕр тĕреклетмелле

Совет халăхĕ, мĕнпур çĕршывсенчи ĕçхалăхĕ, пĕтĕм прогрессивлă этемлĕх Ленин соратникĕн, унăн ĕçне генилле малалла туса пыракан—Сталин юлташăн ятне юратса, чĕререн тухакан ырă кăмăлпа асăнать. Сталин юлташ хăйĕн пĕтĕм пурнăçне, хăйĕн пĕтĕм хăватлă генийне рабочи класа мĕнпур ĕçхалăхне ирĕке кăларас ĕçе, этемлĕхе вилĕмлĕ вăрçăран хăтарас ĕçе, коммунизмшăн кĕрешес ĕçе панă.

Ленинпа пĕрле Сталин тĕнчере пĕрремĕш хресченсене социализмла пĕрремĕш государствине — мирпе демократи тата социализмăн никĕс çĕмĕрĕлми крепоçне, пусмăрта пурăнакан мĕнпур халăхсемпе пĕтĕм ĕçхалăх этемлĕхĕн тĕреке туса хучĕ.

«...Эпир мухтанма пултаратпăр, — тесе çырнă В. И. Ленин, — тата пирĕн тÿпене Совет государствине хурас ĕçе ПУÇЛАСА ЯМА, çакăнпа вара пĕтĕм тĕнче историйĕнче çĕнĕ самана ПУÇЛАСА ЯМА, ÇĔНĔ класс мĕнпур капитализма çĕршывсенче пусмăрта пурăнакан тата пур çĕрте те çĕнĕ пурнăç патне, буржуази çĕнтересси патне, пролетариат диктатури патне, этемлĕхе капитал пусмăрĕнчен, империализмлă вăрçăсенчен хăтарасси патне пыракан çĕнĕ класс çакăн пулса тăмалли самана пуçласа яма телей тухнăшăн эпир мухтанатпăр».

Сталин юлташ Совет государствине тĕреклетессишĕн ывăнма пĕлмесĕр тăрăшса ĕçленĕ. И. В. Сталин ертсе пынипе, Коммунистсен партийĕ ертсе пынипе Совет государстви экономикăлла тата социализмлă пысăк ушăнусем туса ирттерчĕ. Историре кĕске срокра Совет государстви бу чухнехи чи малта пыракан техникăпа хĕçпăшалланнă первоклассăй индустри туса хучĕ. Совет государстви хресченсене хăйсен сурăмĕсем çинчен кулаксене, купецсене, спекулянтсене илсе пĕрахма пулăшрĕ, ялхуçалăхне социализмла ушăнтарса çĕнетрĕ, ялта çĕнĕ, колхоз строй туса хучĕ. Çĕршыва индустриализацилемелли тата ялхуçалăхне коллективизацилемелли сталинла политикăна пурнăçланипе пирĕн Тăван çĕршыв каялла юлнăскертен прогресс патне гигантла пысăк утăм турĕ, индустриллĕ-колхозлă социализмлă держава пулса тăчĕ.

Сталин юлташ тата Коммунистсен партийĕ ертсе пынипе Совет государстви хăйĕн социализм тумалли пĕтĕм тĕнчипе историллĕ задачине анăçлăн пурнăçларĕ. Историллĕ опыт кăтартса панă тăрăх, совет социализмла строй тĕнчере чи тĕреклĕ, пурнăçлă чăтăмлă строй, общество организацийĕн чи лайăх форми пулса тăрать.

Ленин вилнĕ хыççăн вăтăр çул хушшинче Сталин юлташ Совет государствине çирĕплетсе тĕреклетрĕ, пирĕн государство карапне çирĕп алла [illegible] тĕллев патне шанчăклăн [illegible]. Мĕнпур тĕрĕслевсенче, тăшмансене хирĕç пынă çапăçусенче Совет государстви тата вăл [illegible] хăватлă пулса, [illegible] тĕнчере пулса тухрĕ. Совет государствин никĕсĕ çĕнтерейми [illegible].

«...Совет влаçĕ,—тет Сталин юлташ,—государство организацийĕн çĕнĕ форми, [illegible] буржуалла-демократилле тата парламентла формăран тĕпрен уйрăлса тăракан форма пулса тăрать, вăл—çĕнĕ [illegible] эксплуататорсем тата пусмăрласа задачисене пурнăçлама мар, вĕсене пур йышши пусмăрпа эксплуатацирен те пĕтĕмпех хăтарас, пролетариат диктатури задачисене пурнăçлама тунă государство пулса тăрать».

Совет государствин тĕп никĕсĕ, унăн вăйĕсен никĕс çăлкуçĕ — рабочисемпе хресченсем хушшинчи союз пулса тăрать. Пролетариат диктатури, тесе вĕрентнĕ Ленинпа Сталин, рабочи класпа хресченсен союзĕн уйрăм форми, рабочи класпа унăн коммунистла партийĕ ертсе пырса пурнăçланакан форма пулса тăрать.

Коммунистсен партийĕ рабочисемпе хресченсен союзне пур майсемпе те çирĕплетсе пырĕ, çак союзран çĕнĕ обществăн никĕс çĕмĕрĕлми моралла-политикăллă пĕрлĕхĕ туса хучĕ. Вăл пирĕн сталинла малалла илсе пыракан хăватлă вăй пулса тăрать. Совет халăхĕн моралла-политикăллă пĕрлĕхĕ çине таянса, пирĕн государство коммунизм тумалли аслă задачине анăçлă пурнăçласа пырать.

Коммунистсен партийĕ, Ленинпа Сталин вĕрентнине тĕрĕс пурнăçласа, хăйĕн таса тивĕçĕ вăл — рабочи класпа колхоз хресченĕсен союзне малалла та ывăнма пĕлмесĕр, пур майсемпе те тĕреклетесси, тесе шутлать.

Совет государствин [illegible] Совет Союзĕнчи халăхсен туслăхĕ [illegible] халăхсем, чура-халăхсем историре пуçласа чăн-чăн ирĕклĕ те пĕр тан халăхсем пулса тăчĕç, хăйсен экономикипе культурăллă пурнăçне чăннипех чечеклентерчĕç. Çак никĕс çинче Совет Союзĕнчи халăхсем хушшинчи туслăх ÿссе тĕреклененĕ, нумай нациллĕ хăватлă государство пулса тăчĕ.

Ленинла-сталинла наци политикине пурнăçласа, Коммунистсен партийĕ СССР халăхĕсен пĕрлĕхĕпе туслăхне сыхласа тăнă тата ăна малашне те куç шăрçине сыхланă пек сыхласа тăрĕ, нумай нациллĕ Совет государствине тĕреклетнĕ, малашне те тĕреклетĕ.

Совет государстви çирĕппĕн, пĕр пăрăнмасăр ленинла-сталинла мир политикине, мĕнпур халăхсем хушшинчи туслăх политикине туса пырать. Çакăнпа пĕрлех вăл çĕнĕ вăрçă кăларма хатĕрленекен империалистсен кавар ĕçĕсене тимлĕ сăнаса тăрать.

Совет государстви хăрушсăрлăхĕн шанчăклă тĕрекĕ вăл, унăн тулашри тăшманĕсене хирĕç кĕрешмелли хăватлă хĕçпăшалĕ вăл—Совет Çарĕпе Совет Тинĕс-Çар Флочĕ пулса тăраççĕ. Сталин юлташ пирĕн государствăн Хĕçпăшаллă Вăйĕсене ывăнма пĕлмесĕр ÿстерсе тĕреклетрĕ, малта пыракан совет çар наукине туса хунă, пирĕн çара тăшмана çĕнтерекен искусствăпа хĕçпăшаллантарнă. Гениллĕ полководец Генералиссимус Сталин ертсе пынипе Совет Çарĕ Аслă Отечественнăй вăрçă çулĕсенче хамăрăн Тăван çĕршыва хÿтĕлес ĕçре историре пулман пысăк паттăрлăх кăтартрĕ, Европа халăхĕсене фашистла чураран хăтарса хăварчĕ.

Ленинпа Сталин хушса хăварнисене пурнăçласа, Коммунистсен партийĕ пирĕн мухтавлă Совет Çарĕн боевой хăватне тĕреклетсе пынă, малашне те тĕреклетĕ. Вăл кирек мĕнле агрессора та çĕмĕрсе тăкмалла отпор пама пултарать.

Совет Союзĕнчи коммунизм строительствин опытне пĕтĕçтерсе, Сталин юлташ социализмла государство çинчен пĕтĕмĕшле тата пур енчен пулса çитнĕ вĕренÿ туса хатĕрлерĕ. Вăл капиталистла йĕритварлăх условийĕсенче государство пĕтсе пырать текен теорие çĕмĕрсе тăкрĕ, государство коммунизм чухне те, ку вăхăт тĕлне капитализмлă йĕритварлăх пĕтереймесен, юлать пулсан, государство сыхланса юлать, тесе çирĕплетсе пачĕ.

«...Совет марксисчĕсем, хальхи вăхăтри тĕнче обстановкине тĕпчесе вĕренсе, çакăн пек вывод тунă,—тесе çырнă Сталин юлташ,—капитализмлă йĕритварлăх тытăнса тăнă чухне, социализмла революци пĕр çĕршывра кăна çĕнтернĕ чухне, ытти мĕнпур çĕршывсенче капитализм пус пулса тăнă чухне, революци çĕнтернĕ çĕршыв, хăйне капитализмла йĕритварлăх пĕтерсе ан хутăр тет пулсан, хăйĕн государствине, государство органĕсене, разведка органĕсене, çара вăйсăрлатмалла мар, вĕсене пур майсемпе те тĕреклетсе пымалла».

Коммунистсен партийĕ, Сталин юлташ кăтартса панисене çирĕппĕн пурнăçласа, Совет Союзне социализмăн никĕс çĕмĕрĕлми çирĕп тĕрекĕ туса хучĕ, ăна социализмла государствăн пур майсемпе те тĕреклетрĕ.

Пирĕн парти хăйĕн таса тивĕçĕ вăл малашне те Совет государствине — мир тата халăхсен хăрушсăрлăхĕн тĕрекне, пирĕн çĕршывра коммунизм тума кирлĕ пахаран та паха условие пулса тăракан Совет государствине малалла та пĕр ывăнмасăр тата пур майсемпе те тĕреклетсе пырасси пулать, тесе шутлать. Парти коммунистсене тата мĕнпур ĕçхалăхне политикăллă сыхлăха вăйлатма, шалти тата тулашри тăшмансен тĕлĕшĕнчен çирĕп пулма вĕрентет.

Совет государстви хăйĕн пурнăçĕ тĕлĕшĕнчен интернационаллă государство. Унăн шалти политикине — ĕçхалăхсен тĕп интересĕсене хÿтĕлесе тытăнса тăракан политикине, унăн тулашри политикине—мир тата халăхсем хушшинчи туслăх политикине пĕтĕм тĕнчери çĕршывсенчи ĕçхалăхсем чĕререн хапăл туса йышăнаççĕ. Пĕтĕм тĕнчери рабочисемпе хресченсем хăйсене ирĕклĕх патне пымалли çула кăтартса тăракан Совет государствине сыхласа хăварасшăн тата тĕреклетессишĕн тăрăшаççĕ.

«...Аслă Китай халăхĕсем, халăх демократи çĕршывĕсенчи [illegible] туслăх тытнипе, ăна тĕнчери мĕнпур ĕçхалăхĕ пулăшса пынипе—Совет государствин никĕс çĕнтерейми хăвалăхĕ пулса тăрать.

Совет халăхĕ хăйĕн вăйне шанса, Ленинпа Сталинăн аслă ĕçне чăнлăх пурнăçласа, Коммунистсен партийĕ тавра, унăн Центральнăй Комитечĕ тата Совет Правительстви тавра тачăн пĕтĕçсе, çирĕппĕн малалла, коммунизм çĕнтерĕвĕ патне пырать.

(«ПРАВДА», мартăн 13-мĕшĕнчи умстатьи).

* * *

## Совет çыннисен шухăш-кăмăлĕ çирĕп

ТАШКЕНТ, мартăн 11-мĕшĕ. (ТАСС). Г. М. Маленков, Л. П. Берия тата В. М. Молотов юлташсем Мускаври хурлăхлă митингра каланă сăмахсем пирки Узбекистанри ĕçсыннисем хăйсен шухăш-кăмăлĕсене палăртаççĕ.

Республикăри ĕççыннисем Ленин — Сталин партине чунтан-чĕререн парăнса тăма тупа тăваççĕ. Вĕсем мĕнпур вăя пирĕн çĕршывра коммунизм тăвас ĕçе пама пулаççĕ.

— Сталин пирĕнпе çук,—тенĕ экскаватор завочĕн коллективĕн хурлăхлă митингĕнче механосборочнăй цехри мастер Докукин юлташ. — Унăн боевой соратникĕсем, унăн шанчăклă ученикĕсем пире Сталин çулĕпе малалла, коммунизм патне илсе пырĕç. Пĕтĕм совет халăхĕ Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви тавра тата тачăрах пĕтĕçет.

Рабочисен шухăшне палăртса, Ферганари пурçăн фабрикинчи смена начальникĕ Мадаминова юлташ çапла каланă:

— Пирĕн çĕршыв умне килсе тухнă хурлăх совет халăхне Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕпе Совет Правительстви тавра тата тачăрах пĕтĕçтерчĕ. Коммунистсен партийĕ ертсе пынипе эпир коммунизм тăватпăр, аслă Сталин хушса хăварнисене эпир пурнăçа кĕртĕпĕр!

## Колхоз стройне çирĕплетĕпĕр

ТАЛЛИН, мартăн 11-мĕшĕ. (ТАСС). Эстонири социализмла ялхуçалăх ĕçченĕсем Г. М. Маленков, Л. П. Берия, В. М. Молотов юлташсем Хĕрлĕ площадьре тухса каланă сăмахсене пысăк тимлĕхпе вулаççĕ. Хурлăхлă митингсенче колхозниксемпе механизаторсем Сталин хушса хăварнисене пурнăçа кĕртессишĕн вăя шеллемесĕр ĕçлеме пулни çинчен Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕпе Совет Правительствине шантарса калаççĕ.

— Пирĕн колхоз çулпуçăн хаклă ячĕпе хисепленсе тăрать,—тет Хаапсалу районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхоз председателĕ Краак юлташ. — Пирĕн колхозри пуян та телейлĕ пурнăç çав ятпа çыхăнса тăрать. Эпир Коммунистсен партийĕпе тăван Совет Правительстви тавра тата тачăрах пĕтĕçме чаплă сăмах паратпăр. Маленков, Берия, Молотов юлташсен сăмахĕсенче пĕтĕм совет халăхĕ тупа туса каланине — Ленинпа Сталинăн вилĕмсĕр ĕçне вĕçне çитиччен туса çитерме пулнине палăртнă. Эпир малашне те колхоз стройне пĕр ывăнмасăр çирĕплетсе пырăпăр, общество хуçалăхне малалла ÿстерĕпĕр.

## Тăван çĕршыв ырлăхĕшĕн стахановла ĕçлеççĕ

СТАЛИНСК. Кузнецкри комбинатра ĕçлекен металлургсем Г. М. Маленков, Л. П. Берия тата В. М. Молотов юлташсем Мускаври хурлăхлă митингра каланă сăмахсене коммунизмшăн пĕтĕм вăя хурса кĕрешме чĕнни вырăнне хурса йышăнчĕç. Çак кунсенче металлурги комбиначĕн цехĕсенче социализмлă ăмăрту хăватлăн сарăлса пырать.

Блуминг патĕнче ĕçлекен паллă вальцовщик, Сталинла преми лауреачĕ Сомов хурлăхлă митингра çапла каларĕ:

— Сталин юлташ ятне асра тытса, хамăр ретсене Коммунистсен партийĕ, унăн Центральнăй Комитечĕ тавра тачă пĕтĕçтерсе, эпир сталинла пиллĕкмĕш пилĕкçуллăх плана срокчен тултарассишĕн тата ытларах çине тăрса ĕçлĕпĕр, стахановла ĕçленипе советлă Тăван çĕршыв хăватне тĕреклетсе пырăпăр. Хамăр бригада ячĕпе эпĕ кăçал планран ирттерсе 10 пин тонна прокат хатĕрлеме сăмах паратăп.

Паллă металлург хăйĕн сăмахне çирĕп тытать. Вăл сменăри заданисене чылай ирттерсе тултарать.

Догадаев, Ермаченко тата Маркин юлташсем мастер пулса ĕçлекен домна кăмакин коллективĕ кăтартуллă ĕçлет. Мартăн 10-мĕшĕнче çав кăмакаран планран ирттерсе 134 тонна чугун шăратса кăларнă.

Листаллă тимĕр тунă çĕрте ĕçлекенсем хăйсен обязательствисене чыслăн пурнăçлаççĕ. Юлашки виçĕ кун хушшинче кăна вĕсем планран ирттерсе 500 тонна ытла прокат туса кăларнă.

МАГНИТОГОРСК. Çак кунсенче Магнитогорск комбинатĕнчи металлургсем стахановла ĕçлеççĕ.

Пĕрремĕш мартен цехĕнче март уйăхĕнче хурçа кашни хутĕнчех графикпа палăртнă срокран маларах шăратса кăларнă. Çавна пула вунăкунлăх планпа пăхнинчен ирттерсе пиншер тонна хурçă шăратнă.

Виççĕмĕш мартен цехĕнчи хурçă шăратакансем те производство хăвачĕсемпе лайăхрах усă курма пуçланă. Берсин, Неклеенов тата Шербо сталеварсем, хурçă шăратса кăлармалли вăхăта кĕскетсе, кашни виçĕ кун хушшинче планран ирттерсе пĕр хут хурçă шăратаççĕ.

Прокатчиксем Сталинград гидроэлектростанцине тунă çĕрте ĕçлекенсен пĕрремĕш кварталти заказĕсене пурне те срокчен пурнăçланă, Куйбышев гидроэлектростанци строителĕсен заказĕсене ăнăçлăн пурнăçласа пыраççĕ.

ИВАНОВО. Ивановăри пир-авăр тĕртекенсем ĕç тухăçлăхне ÿстереççĕ.

Крупская ячĕпе тăракан пир-авăр фабрикинчи ирхипе кăнтăрлахи сменăсенче ĕçлекен рабочисем ĕнер ĕç нормисене чылай ирттерсе тултарнă. Вĕсем туса кăларнă пĕтĕм продукци пĕрремĕш сорт шутланать. В. Груздев, Ю. Лавров, В. Мельников çамрăксем мастер помощникĕсем пулса ĕçе ертсе пыракан участокра ĕç тухăçлăхĕ нумай ÿснĕ.

Фабрика март уйăхĕнчи пĕрремĕш вунăкунлăхра пĕр тикĕс ĕçленĕ, перекетленĕ чĕртавартан планран ирттерсе 10 пин метр ытла пир-авăр тĕртсе хатĕрленĕ.

Мартăн 12-мĕшĕ. (ТАСС).

* * *

## СТАЛИН ÇУЛĔПЕ

Аслă Сталин ячĕпе пирĕн пĕтĕм пурнăç çыхăнса тăрать. Сталин—этемлĕхĕн телейлĕ пуласлăхĕшĕн, миршĕн, халăхсен туслăхĕшĕн, коммунизмшăн кĕрешмелли ялав.

Сталин Пĕтĕм Союзри колхозник-ударниксен пĕрремĕш съездĕнче каланă сăмахсем пирĕн колхозлă пурнăç çулне çутатса тăракан çăлтăр пекех пулчĕç. Сталин унта çапла каланăччĕ: «Колхозниксене пуян пурăнакансем пулма, ăна тума халĕ çакă кăна кирлĕ — колхозра тÿрĕ кăмăлпа ĕçлемелле, тракторсемпе тата машинăсемпе тĕрĕс усă курмалла, ĕç выльăхĕсемпе тĕрĕс усă курмалла, çĕре тĕрĕс ĕçлемелле, колхоз пурлăхне сыхламалла».

Пирĕн колхозниксем колхоз хуçалăхне Иосиф Виссарионович Сталин вĕрентсе каланă тăрăх ÿстерсе пычĕç. Пирĕн пурнăç çултан-çул лайăхрах та илемлĕрех пулса пычĕ.

Иртнĕ çулта пирĕн колхоз тырпул тухăçлăхне ÿстермелли, выльăх-чĕрлĕх ĕрчетмелли тата унăн тухăçлăхне пысăклатмалли заданисене ирттерсе тултарчĕ, ку тĕлĕшпе Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕн директивĕсенче Украинăн кăнтăрти районĕсем валли пилĕкçуллăх вĕçленнĕ тĕле тума палăртнă хисепрен те ытларах ĕçсем туса ирттерчĕ. Сталинла пиллĕкмĕш пилĕкçуллăхăн малтанхи икĕ çулĕнче колхоз тупăшĕсем икĕ хут ÿсрĕç—4.500 пин тенкĕ яхăн пулчĕç.

Коммунистсен партийĕ, аслă Сталин тăрăшнипе пирĕн ялхуçалăхĕ чи лайăх техника илчĕ. Çак техникăпа усă курни пире мĕнпур ялхуçалăх культурисен тухăçлăхне нихçанхинчен ытларах ÿстерме май пачĕ.

Аслă Сталин колхозниксен культурине ÿстерессипе тата пурнăçне лайăхлатасси çинчен каланă сăмахсем те ĕçе кĕчĕç. Ĕлĕк Гладкий ятлă хуторта темиçе пĕчĕк çурт çеç ларнă. Халĕ кунта чул çуртсем лартнă пысăк ял пулса тăчĕ. Эпир Культура çуртĕ, вунă çул вĕренмелли шкул, электростанци, универмаг, библиотека, радиоузел туса лартрăмăр.

Юратнă çулпуçăмăрпа тĕл пулнисене, унăн сăмахĕсене аса илни питĕ хытă хумхантарать.

Иосиф Виссарионович Сталина малтанхи хут эпĕ Пĕтĕм Союзри колхозник-ударниксен пĕрремĕш съездĕнче куртăм. Çав тĕлпулăва нихçан та манас çук. Унпа юлашки хут тĕл пулни те асра юлчĕ. Эпир, партин XIX-мĕш съезчĕн делегачĕсем, Сталин юлташ тухса калассине пĕтĕм чун-чĕререн хытă кĕтрĕмĕр. Акă çав самант çитрĕ, эпир çулпуç сăмахне итлерĕмĕр. Унăн сăмахĕсем, юратнă Сталинăн çутă сăнарĕ ĕмĕрлĕх асра юлчĕç, вĕсене нихçан та манас çук.

Сталин юлташ вилни çинчен пĕлтерекен хыпар пире пĕтĕм чун-чĕререн хурлантарчĕ. Çак хурлăхлă кунсенче эпир пурте, пĕр çын пек, çапла калатпăр: çирĕп пĕрлĕхлĕ пулăпăр, аслă Сталин хушса хăварнисене пурнăçлассишĕн чĕререн парăнса ĕçлĕпĕр. Юратнă Коммунистсен партийĕ, пире ленинла-сталинла çулпа коммунизм патнелле илсе пыракан парти тавра тата тачăрах пĕтĕçетпĕр.

**М. А. ПОСМИТНЫЙ,**

**Буденный ячĕпе тăракан колхоз председателĕ, Социализмлă Ĕç Геройĕ. Березовски район, Одесса облаçĕ.**

## Колхоз ĕçченĕсен сăмахĕ

СМОЛЕНСК, мартăн 11-мĕшĕ (ТАСС). Г. М. Маленков, Л. П. Берия тата В. М. Молотов юлташсем Мускаври хурлăхлă митингра каланă сăмахсене колхоз ĕçченĕсем хытă интересленсе вулаççĕ. Пур çĕрте те нумай çынлă митингсем пулса иртеççĕ. Совет çыннисем И. В. Сталин юлташăн шанчăклă ученикĕсемпе соратникĕсем ертсе пынипе çулпуç хушса хăварнисене пурнăçлама пулни çинчен калаççĕ.

...Вязьма МТС-ĕн усадьби. Митинг пуçланать. МТС директорĕ Остриков юлташ сăмах илет. Вăл çапла калать:

— Пирĕнпе пĕрле аслă Сталин текех çук. Анчах та унăн идейисем совет çыннисене ĕçре çитĕнÿсем тума яланах хавхалантарса пырĕç. Хамăрăн Коммунистсен партине, унăн Центральнăй Комитечĕпе Совет Правительствине çирĕп шанса тăрса, эпир коммунизм тăвассишĕн темиçе хут ытларах вăй хурса ĕçлĕпĕр.

Партие вĕçĕ-хĕррисĕр юратса тата парăнса тăнине палăртса, уй-хир бригадин бригадирĕ Борисов юлташ çапла каланă:

— Хамăрăн Тăван çĕршывăн вăй-хăватне тĕреклетессишĕн, коммунизм тумалли сталинла плана пурнăçлассишĕн пирĕн тата ытларах вăй хурса ĕçлемелле!

Механизаторсем пĕр шухăш-кăмăллă пулса Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕ ячĕпе çыру яма йышăнаççĕ. Вĕсем ĕçре çĕнĕ çитĕнÿсем тума, пысăк тухăçлă тырпул ÿстерес тесе ялхуçалăх ĕçĕсене лайăх туса ирттерме сăмах параççĕ.

## А. Улесов электросварщикăн ĕçри çĕнтерĕвĕ

ЖИГУЛЕВСК, (Куйбышев облаçĕ), мартăн 11-мĕшĕ. (ТАСС). Паллă электросварщик, Социализмлă Ĕç Геройĕ А. Улесов ĕнер март уйăхĕнчи задание пурнăçланă. Вăл трубасене шăратса çыпăçтарас тĕлĕшпе ĕçлет. Çав трубасем тăрăх Куйбышев гидроэлектростанцийĕн котлованĕнчи шыва Атăла юхтарса кăлараççĕ.

Çак стахановец Атăлпа Дон хушшинчи канала тунă чухнех хăйĕн ĕçĕпе чапа тухнă. Цимлянски гидроузел тунă çĕрте вăл виçĕ çул çурă хушшинче 12 çулхи нормăна тултарнă тата 160 электросварщика хăвăрт ĕçлеме вĕрентнĕ.

А. Улесов кăçал тăватă çулхи нормăна тултарма тата 150 çынна хăвăрт ĕçлемелли меслетсене вĕрентме обязательство илнĕ.



Мускав. Хĕрлĕ площадь. Совет Союзĕнчи ĕççыннисем Иосиф Виссарионович Сталин тупăкĕ çине хунă чечек кăшăлĕсем.

М. Харлампиевпа В. Кошевой фотоÿкерчĕкĕ (ТАСС фотохроники).



Мускав. Траур кунĕсенче Союзсен çуртĕ патĕнче. Ĕççыннисем Колоннăллă зала кĕреççĕ,—унта И. В. Сталин ÿтне хунă тупăк лартнă.
Л. Доренский фотоÿкерчĕкĕ (ТАСС фотохроники).

# Аслăран та аслă туслăх

## Мао Цзе-Дун

Ку чухнехи асларан та аслă гений, тĕнчери коммунизмла юхăмăн аслă учителĕ, вилĕмсĕр Ленинăн соратникĕ — Иосиф Виссарионович Сталин юлташ пирĕнтен яланлăхах уйрăлса кайрĕ.

Сталин юлташăн теориллĕ ĕçĕ те, практикăллă ĕçĕ те пирĕн саманашăн хывнă калама çук хаклă парне пулса тăрать. Сталин юлташ çĕнĕ пĕр-пĕтĕм эпоха пулса тăрать. Унăн ĕçне пула совет халăхĕ тата тĕнчери ĕççыннисем пĕтĕм тĕнчери лару-тăрăва улăштарчĕç. Ку вăл çакна пĕлтерет: тĕрĕслĕх ĕçĕ, халăх демократипе социализм ĕçĕ çĕр чăмăрĕн пысăк пайĕнче, çĕр чăмăрĕ çинчи халăхăн виçĕ пайĕнчен пĕр пайĕнче 800 миллион çын ытла пурăнакан пайĕнче çĕнтерчĕ. Çак çĕнтерĕвĕн влиянийĕ кунтан-кун пĕтĕм тĕнчери кашни кĕтессе саралса пырать.

Сталин юлташ вилни пĕтĕм тĕнчери ĕççыннисем умне нимĕнпе те танлаштарма çук пысăк хурлăх кăларса тăратрĕ, пĕтĕм тĕнчери тÿрĕ кăмăллă çынсен чĕрине питĕ хытă хурлантарчĕ. Çакă вăл Сталин ĕçĕ тата унăн идейисем пĕтĕм тĕнчери халăхăн анлă массисене çавăрса илнине пĕлтерет, вăл халех ĕнтĕ никам çĕнтерейми вăй пулса тăчĕ. Çак вăй халех ĕнтĕ çĕнтерÿ тунă халăхсене çĕнтерÿ патĕнчен çĕнтерÿ патне илсе пырать, çакăнпа пĕрлех вăл тата çакăн патне те илсе пырĕ: кивĕ, хавшаса çитнĕ капитализмлă тĕнче пусмăрĕнче хĕн-хур куракансем те халăх тăшманĕсене хирĕç хăюллă штурма тухма пултарĕç.

Ленин вилнĕ хыççăн совет халăхĕ Сталин юлташ ертсе пынипе тĕнчери пĕрремĕш социализмла государствăра çутă, ялкăшса тăракан социализмла общество туса хучĕ. Çак государствăна Сталин юлташ аслă Ленинпа пĕрле Октябрь революцийĕн тапхăрĕнче туса хунă.

Совет Союзĕнче социализм строительстви çĕнтерни вăл — совет халăхĕн çĕнтерĕвĕ кăна мар, пĕтĕм тĕнчери халăхсен пĕрлешÿллĕ çĕнтерĕвĕ пулса тăрать. Пĕрремĕшĕнчен, çак çĕнтерÿ марксизм-ленинизм пур енчен те тĕрĕс пулнине чи пурнăçлă чăнлăхпа çирĕплетсе пачĕ, пĕтĕм тĕнчери ĕççыннисене телейлĕ пурнăç патне малалла мĕнле пымаллине конкретлă вĕрентрĕ. Иккĕмĕшĕнчен, çак çĕнтерÿ иккĕмĕш тĕнче вăрçинче фашистла тискер кайăка çĕмĕрсе тăкма этемлĕхе май пачĕ. ССР Союзĕнче социализм строительстви çĕнтермен пулсан, фашизма хирĕç пынă вăрçăра çĕнтерÿ тума пулаччĕ тесе шухăшлама та çук. ССР Союзĕнче социализм строительстви çĕнтерни тата фашизма хирĕçле вăрçăра тăшмана çĕнтерни этемлĕхĕн кун-çулĕпе тÿртен çыхăнса тăраççĕ, çак çĕнтерÿсен мухтавĕ вара тивĕçлипех аслă Сталин юлташа тивет.

Сталин юлташ марксистла-ленинла теорие пур енчен те классикла аталантарчĕ, марксизм аталанăвĕнче çĕнĕ тапхăр уçрĕ. Сталин юлташ Ленинăн капитализм тикĕс мар аталанса пыни çинчен калакан теорине тата социализм пĕр çĕршывра çĕнтерме пултарасси çинчен калакан теорине творчествăлла аталантарчĕ; Сталин юлташ капитализмлă системăн пĕтĕмĕшлĕ кризисĕ çинчен калакан теорие, ССР Союзĕнче коммунизм тăвасси çинчен калакан теорие творчествăлла пуянлăх кĕртрĕ, вăл ку чухнехи капитализмăн экономикăлла тĕп законне тата социализмăн экономикăлла тĕп законне уçса парса никĕслерĕ, колонисемпе çурма колонисенчи революци çинчен калакан теорие пуянлăх кĕртрĕ. Сталин юлташ çавăн пекех парти строительстви çинчен калакан ленинла теорие творчествăлла аталантарнă. Çаксем пурте вĕсем пĕтĕм тĕнчери рабочисене тата пусмăрти мĕнпур классемпе халăхсене тата ытларах пĕтĕçтерчĕ. Çавна пула рабочи класпа пусмăрти мĕнпур халăхсем хăйсем ирĕке тухассишĕн тата хăйсен телейĕшĕн кĕрешесси тата çак кĕрешÿри çитĕнÿсем нихçанхинчен те ытла ÿссе вăйланчĕç.

Сталин юлташăн мĕнпур произведенийĕсем вĕсем — марксизма кĕнĕ вилĕмсĕр пуянлăх. Унăн «Ленинизм никĕсĕсем çинчен», «ВКП(б) историйĕн кĕске курсĕ» ятлă ĕçĕсем, çавăн пекех тата унăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăлла проблемисем» ятлă юлашки аслă ĕçĕ—вĕсем пурте марксизм-ленинизм энциклопедийĕ пулса тăраççĕ, вĕсем тĕнчери коммунизмла юхăмăн юлашки çĕр çул хушшинчи опытне пĕтĕçтереççĕ. Вăл Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съездĕнче каланă сăмах тĕнчери мĕнпур çĕршывсенчи коммунистсене хушса хăварса каланă хаклăран та хаклă сăмах пулса тăрать.

Эпир, Китайри коммунистсем, тĕнчери мĕнпур çĕршывсенчи коммунистсем пекех, Сталин юлташăн аслă ĕçĕсенче хамăрăн çĕнтерÿсем патне пымалли çулсене тупатпăр.

Ленин вилнĕ хыççăн Сталин юлташ тĕнчери коммунизмла юхăмра яланах тĕп фигура пулса тăнă. Унăн тавра пĕтĕçсе тăрса эпир унтан ялан кăтартусем илсе тăнă, унăн произведенийĕсенчен идейăллă вăй илсе тăнă. Сталин юлташ Хĕвелтухăçĕнчи пусмăрта тăракан халăхсене ялан чĕререн хисепленĕ. «Хĕвелтухăçне ан манăр»,—Сталин юлташ Октябрь революцийĕ хыççăн пĕлтернĕ аслă чĕнÿ çакăн пек пулнă.

Пурте пĕлеççĕ, Сталин юлташ Китай халăхне хĕрÿллĕн юратнă, вăл Китай революцийĕн вăйĕсем питех те пысăк, тесе шутланă. Китай революцийĕн ыйтăвĕсенче вăл питех те пысăк ăслăлăх кăтартнă. Ленин—Сталин вĕрентнĕ пек ĕçлесе, аслă Совет государстви тата мĕнпур çĕршывсенчи пĕтĕм революциллĕ вăйсем пулăшни çине таянса, Китай компартийĕ тата Китай халăхĕ темиçе çул каярах историллĕ çĕнтерÿ турĕç.

Паян эпир аслă учительпе чи шанчăклă туса — Сталин юлташа çухатрăмăр. Ку вăл пысăк хурлăх. Çак хурлăха сăмахсемпе каласа пама вăй çитмест.

Пирĕн задача çак хурлăха вăй туса хурасси пулать. Хамăрăн аслă учитель Сталин ятне чĕрере таса тытса, Китайри Коммунистсен партийĕ тата Китай халăхĕ Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕпе тата совет халăхĕпе пĕрле Сталин ячĕ çутатса тăракан аслă туслăха вĕçĕмсĕр тĕреклетсе пырĕç. Китай коммунисчĕсем тата Китай халăхĕ тата ытларах çине тăрса Сталин вĕрентĕвне вĕренĕç, хăйсен государствине тăвас тесе совет наукипе техникине вĕренĕç.

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕ—Ленинпа Сталин пăхса çитĕнтернĕ парти, тĕнчери чи малта пыракан, чи опытлă, теори тĕлĕшĕнчен ытларах хĕçпăшалланнă парти пулса тăрать; ку парти пирĕншĕн тĕслĕх пулнă, халĕ те тĕслĕх пулса тăрать; вăл малашне те пирĕншĕн тĕслĕх пулса юлать. Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕпе Совет правительстви, Маленков юлташ ертсе пынипе, Сталин юлташ ĕçне малалла ăнăçлă туса пыма, коммунизмăн аслă ĕçне малалла илсе пыма тата чаплăн аталантарма пултарĕç тесе, эпир чĕререн шанса тăратпăр.

Совет Союзĕ ертсе пыракан мир, демократи тата социализм лагерĕ тата ытларах пĕтĕçÿллĕ пулас, тата ытларах хăватлă пулас пирки нимĕнле иккĕленÿ те пулма пултараймасть.

Сталин юлташ вĕрентĕвĕ тата Совет Союзĕнчи социализм строительствин тĕслĕхĕ вăтăр çул хушши ытла ĕнтĕ этемлĕхе гигантла утăмсемпе малалла кайма пулăшрĕç. Хальхи вăхăтра Совет Союзĕ çав тери вăйланчĕ, Китай халăх революцийĕ çав тери аслă çĕнтерÿ турĕ, халăх демократи çĕршывĕсенче строительство çав тери пысăк çĕнтерÿсем турĕ, тĕнчери ытти çĕршывсенче пусмăрпа агрессие хирĕç кĕрешесси çав тери вăйланчĕ, пирĕн туслăхпа пĕтĕçÿллĕх вара çав тери вăйланчĕ—çавăнпа та халĕ ĕнтĕ шанчăклăнах çапла калама пулать—пирĕн нимĕнле империалиста агрессие те эпир çĕмĕрсе тăкăпăр, пур йышши ирсĕр провокацисем те путланса ларĕç.

Китай халăхĕпе совет халăхĕн аслă туслăхĕ никам çĕмĕреймен çирĕп, мĕншĕн тесен вăл Марксăн, Энгельсăн, Ленинăн, Сталинăн аслă интернационализм принципĕсем çинче никĕсленсе тăрать. Китай халăхĕпе совет халăхĕ тата халăх демократи çĕршывĕсенчи халăхсем хушшинчи туслăх, пĕтĕм тĕнчери мирлĕ пурнăçа юратакан, демократиллĕ, тÿрлĕхшĕн тăракан мĕнпур халăхсем хушшинчи туслăх та интернационализмăн çак аслă принципĕсем çинче тытăнса тăрать, çавăнпа вăл та никам çĕнтерейми вăй пулса тăрать.

Паллах, çак туслăхран çуралса тухнă вăйсем вĕçĕмсĕр, иксĕлми нумай, тата вĕсене чăнах та никам та çĕнтерес çук.

Пирĕн аслă туслăх умĕнче мĕнпур империалистла агрессорсемпе вăрçă чĕртекенсем чĕтресе тăччăр!

Сывă пултăр Маркс — Энгельс—Ленин—Сталин вĕрентĕвĕ.

Ĕмĕрсем хушши пурăнтăр аслă Сталинăн сÿнми çутă ячĕ!

(«Правда» хаçатран.)

ПЕКИН хули.

# Сталин вĕрентнине пурнăçлăпăр

СТАЛИНО, мартăн 10-мĕшĕ. (ТАСС). Ĕнер шахтерсем, металлургсем тата машиностроительсем пурăнакан хулари ĕççыннисем юратнă çулпуçăмăра Иосиф Виссарионович Сталина юлашки çула ăсатнă.

Репродукторсем патне пиншер çын пухăнса, Мускаври хурлăхлă митинг çинчен радио тăрăх пĕлтернине итленĕ. Çав вăхăтра кашни çыннăн чĕри тата шухăшĕ Мускавра, Хĕрлĕ площадьре пулнă.

Г. М. Маленков, Л. П. Берия тата В. М. Молотов юлташсем каланă сăмахсем радио тăрăх уççăн та хăватлăн илтĕннĕ.

12 сехетре заводсемпе шахтăсен гудокĕсем кăшкăртни илтĕнсе кайнă. Предприятисемпе учрежденисенче ĕçлеме чарăннă, поездсем, автобуссем, трамвайсем чарăнса тăнă.

Çав кунхине Сталин ячĕпе тăракан 29-мĕш шахтăри комбайн машинисчĕ Александр Михота пĕр кунхи ĕç нормине кăнтăрла çитнĕ тĕле тултарнă, 200 вагон кăмрăк кăларнă. Сехет йĕппи 12 тĕлне çитсен, комбайнер машина моторне чарнă. Транспортер ĕçлеме чарăннă. Шахтăри забойсенче шăп пулса тăнă. Шахтерсем, каскăсене хывса, пурте шăпланса тăнă.

Çав вăхăтрах Ново-Краматорскри Сталин ячĕпе тăракан завод цехĕсенче те моторсем ĕçлеме чарăннă. Çак завод коммунизмăн аслă стройкисен заказĕсене пурнăçлать. Пысăк хăвăртлăхпа ĕçлекен токарь Иван Анацкий хăйĕн питĕ пысăк станокне ĕçлеме чарнă,—вăл çак станок çинче 90 тонна таякан хурçă барабана якатса хатĕрлет. Вăл 12 сехет тĕлне пĕр кунхи ĕç нормине 170 процент тултарнă.

Юратнă çулпуçăмăрпа сывпуллашса, Донбасри ĕççыннисем Сталин юлташăн аслă ĕçне çирĕппĕн малалла туса пыма, партин Центральнăй Комитечĕпе Совет правительстви тавра тата тачăрах пĕтĕçме пулчĕç.

Центрально-Заводская шахтăри горняксен хурлăхлă митингĕнче ватă рабочи Н. И. Цуканов çапла каланă:

— Сталин юлташăн ĕçĕ—пирĕн Коммунистсен партийĕн шанчăклă аллинче. Аслă çулпуçăмăрăн шанчăклă ученикĕсемпе çывăх соратникĕсем ертсе пынипе Сталин юлташ хушса хăварнисене пĕтĕмпех пурнăçласа çитерĕпĕр.

# Коммунизмшăн!

ЕРЕВАН, мартăн 10-мĕшĕ. (ТАСС). Ĕнер, Мускав вăхăчĕпе 12 сехетре, хулари Ленин площадьне пухăннă вуншар пин çын хурланнипе шăп тăчĕç. Армени столицинчи ĕççыннисем, мĕнпур совет çыннисем аслă çулпуçăмăрпа учителĕмĕре Иосиф Виссарионович Сталина юлашки çула ăсатрĕç.

Сывпуллашса уйрăлмалли юлашки минутсем... Чĕрене кĕрсе вырнаçаççĕ Г. М. Маленков юлташ каланă çак сăмахсем: «Ĕмĕрлĕхех сывпул, пирĕн учитель, çулпуç, пирĕн хаклă тус, тăван Сталин юлташ!

Ленинăн—Сталинăн аслă ĕçĕ пĕтĕмпех çĕнтересси патне—малалла!»

Иосиф Виссарионович Сталин ÿтне хунă тупăка унăн çывăх соратникĕсем Хĕрлĕ площадьри Мавзолее çĕклесе кĕнĕ вăхăтра Ереван хулинчи тупăсенчен пĕр харăс пенĕ сасă кĕрлесе кайрĕ. Промышленность предприятийĕсенче — станоксем, урамсенче—трамвайсем, троллейбуссем тата автомашинăсем чарăнчĕç. Заводсемпе пăравуссен гудокĕсен сассисем кĕрлеме пуçларĕç...

Ĕç кунĕ вĕçленнĕ хыççăн Ереванри пур предприятисенче те, учрежденисенче те, шкулсенче те хурлăхлă митингсем пулчĕç. Компрессорсем тăвакан заводра чи лайăх токарь А. Курабян сăмах илчĕ.

— Совет халăхĕ калама çук йывăр сухату тÿсрĕ,— терĕ вăл.—Анчах хурлăх халăхăн хурçă пек çирĕп вăйне хавшатаймĕ. Эпир хамăр ретсене Коммунистсен мухтавлă партийĕ тавра, партин ленинла-сталинла Центральнăй Комитечĕ тавра, тăван Совет Правительстви тавра тата тачăрах пĕтĕçтерĕпĕр. Сталин юлташăн тупăкĕ умĕнче эпир вăл хушса хăварнисене чыслăн пурнăçлама тупа тăватпăр. Хамăр çĕршывра коммунизм тăвас аслă ĕçе пурнăçлама пĕтĕм вăя тата пĕтĕм пурнăçа парăпăр!

# Аслă çулпуçăмăрпа уйрăлнă кунсем

Мартăн 6-мĕшĕнче ирхине радио калама çук йывăр хыпар илсе килчĕ. Совет Союзĕн Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕ, ССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕ тата ССР Верховнăй Совет Президиумĕ партин мĕнпур членĕсене, Совет Союзĕнчи мĕнпур ĕççыннисене пирĕн аслă çулпуç, тăван аттемĕр, тĕнчере чи юратнă çын, çывăхран та çывăх тусăмăр Иосиф Виссарионович Сталин вилсе кайни çинчен чун-чĕререн хурланса пĕлтерчĕç. Çак тÿсме çук йывăр хыпар мĕнпур совет халăхĕн чĕрине, пирĕн чĕресене çурăтса ыраттарать.

Ĕненес килмест! Кил-ха усал вилĕм çавăн пек вĕçĕмсĕр хаклă çыннăн çутă та мухтавлă пурнăçне татма пултартăр? Эпир ун çинчен шухăшлама та хăймаи, Сталинăн хĕвел пек çуталакан ячĕпе юнашар «вилĕм» сăмаха курма та, илтме те пултараймастпăр.

Мартăн 7-мĕшĕнче пире Чăвашсен Автономиллĕ Советлă Социализмлă Республикинчен Иосиф Виссарионович Сталин юлташа пытарнă çĕре хутшăнма Мускава каякан делегаци составне кĕртни çинчен пĕлтерчĕç. Делегацире çак юлташсем пулчĕç: КПСС Чăваш обкомĕн секретарĕ Н. А. Шмаков, Улатăр хулинчи вăтам шкулта вĕрентекен, РСФСР Верховнăй Совет депутачĕ В. Д. Распопова, Муркаш районĕнчи И. В. Сталин ячĕллĕ колхоз председателĕ Е. А. Андреев, Шупашкарти Электроаппаратура заводĕн работникĕ К. А. Александрова тата çак йĕркесен авторĕ.

Çула май иртекен чăваш ялĕсенче ăçта кирлĕ унта траурлă ялавсем çакăнса тăраççĕ. Йывăр хурлăха пусăрăннă çынсем, арçынсем, хĕрарăмсем, ачасем ушкăнăн-ушкăнăн каласса тăрса юлаççĕ: аслă Сталин вилнишĕн хурланать халăх.

Канашра эпир пире кĕтсе тăракан «Шупашкар вагонне» кĕрсе ларатпăр. Шупашкарта та, Канашра та, вагон çинче те эпир Мускава Сталин юлташа пытарнă çĕре хутшăнма каякан Чăваш АССР делегаци членĕсем пулнине пĕлсен, çынсем хăйсен ячĕпе тата пĕтĕм чăваш халăхĕ ячĕпе аслă Сталина юлашки хут çĕре çити пуç тайма ыйтаççĕ. Пурте хурланса, çур сасăпа калаçаççĕ. Туятăн: темĕн те, темĕн те каласа ярас килет вĕсен пирĕ, анчах чунра-чĕрере мĕн килсе капланнине калама сăмах çитмест. Сăмахсăрах пĕр-пĕрне тарăннăн ăнланан çак кунсенче...

Свердловскран килнĕ поезд пире Мускавалла илсе кайрĕ. Умра йывăр хурлăха путса шăпланнă Чăваш çĕршывĕ иртсе юлать. Станцисенче, çула çывăхри ялсенче, ăçта кирлĕ унта, траурлă усăнчăк ялавсем март çилĕпе вăраххăн чÿхĕнсе тăни курăнать. Çĕршыв тăван çулпуçĕ çукшăн хурланать...

Вагон çинче Мускава каякан Шупашкар çыннисем нумай. Вĕсем хушшинче Испани юрăçи Фернандо Кардона. Вăл Шупашкарта хурлăхлă кунсенче икĕ концерт панă хыççăн Мускава таврăнать.

Совет çыннисемпе пĕрлех, Испани халăхĕн ывăлĕ Фернандо Кардона та тĕнчери ĕççыннисен аслă çулпуçĕ Сталин вилнишĕн чĕререн хурланать. Сталин юлташ пĕтĕм тĕнчери ĕççыннисемшĕн, çав шутрах Испани халăхĕшĕн те, мĕн тери хаклă та юратнă çын пулни çинчен калать вăл, хăй пĕр хут çеç мар Сталина курма тивĕçлĕ пулни çинчен каласа парать.

Мартăн 8-мĕшĕнче кăнтăрлапа эпир Мускава çитетпĕр. Мускавра пире КПСС Чăваш обкомĕн пĕрремĕш секретарĕ Т. А. Ахазов юлташ кĕтсе илет. Вăл делегаци çумне хутшăнать.

Мускав урамĕсене тухатпăр. Çĕрĕн-кунĕн чарăнма пĕлми кĕрлесе-шавласа тăракан аслă столица паллама çук улшăннă. Вăл шăпах. Урамсен ик енĕпе кашни çурт тăрăх траурлă ялавсем усăнса тăраççĕ. Яланах саванăçлă, таçта васкаса утакан çынсем хурлăха путнă, шăппăн васкамасăр утаççĕ. Автомашинăсем кăшкăртни те илтĕнмест. Вĕсем те шăппăн çеç сасă парса иртен-çÿренсене асăрхаттарса илеççĕ.

Аслă Тăван çĕршывăн пĕтĕм хурлăхĕ, çав вĕçĕмсĕр хурлăхăн йывăрăшĕ кунта, Мускава пухăннă тейĕн. Вăл çаплах та ĕнтĕ. Кунта çĕршыври пур республикăсенчен, облаçсенчен, хуласенчен ĕççыннисен делегацийĕсем килнĕ. Вĕсем пĕтĕм совет халăхĕн тинĕс пек тарăн хурлăхне хăйсемпе пĕрле аслă Мускава, тăван çулпуçăн аслă тупăкĕ умне илсе килнĕ...

Машинăпа Хĕрлĕ площадь витĕр тухса Союзсен çуртĕ патне пыратпăр. Историллĕ музейĕн тем пысăкăш çуртĕ йĕри-тавра тата ССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕн пысăк çуртĕ умне тăршшипех тĕлĕнмелле пуян та пысăк, тем тĕрлĕ хÿхĕм чечексенчен тунă чечек кăшăлĕсем тăратса тухнă.

Эпир Чăвашсен Автономиллĕ Советлă Социализмлă Республикинчи мĕнпур ĕççыннисен ячĕпе Иосиф Виссарионович Сталин юлташăн тупăкĕ умне хума ятарласа тунă пысăк та илемлĕ чечек кăшăлне тирпейлĕн йăтса Союзсен çуртне кĕретпĕр. Чечек кăшăлĕн ик хĕррипе янă хĕрлĕ нурçăн тăрăх çине ылтăн саспаллисемпе: «Аслă çулпуçа, тăван аттемĕре Иосиф Виссарионович Сталина Чăваш АССР-ĕнчи ĕççыннисенчен» тесе çырнă.

Союзсен çуртне Мускавăн пур кĕтессисенчен те вĕçĕ-хĕррисĕр халăх юхăмĕ пырса тăрать. Çĕрне-кунне пĕлмесĕр Мускав ĕççыннисем, вĕсемпе пĕрлех ытти хуласемпе ялсенчен килнĕ ĕççыннисем те, аслă Сталина юлашки хут пуç тайма пыраççĕ, савнă çулпуçа сывпуллашасшăн, ун умĕнче унăн ĕçне тата хастартарах малалла тăсма, коммунизм тăвассишĕн хĕрÿллĕн ĕçлеме, кĕрешме сăмах парса тупа тăваççĕ. Кунта ватти, çамрăкки, арçынĕ, хĕрарăмĕ, çĕршывăн паллă çыннисем тата рядовой çынсем. Вĕсем пурте Сталина çав тери юратнă, пурнăçĕн те Сталин телейлĕ çăлкуçĕ пулнă, халăхран та хаклă çын пулнă...

Чечек кăшăлне йăтса, халăх юхăмĕпе пĕрле вăраххăн утса Союзсен çуртĕн аслă пусăмĕсем витĕр Колоннăллă зала кĕретпĕр. Люстрăсене хура пурçăн карса тĕксĕмлетнĕ. Пур пулăмсенче те, залра та чечек кăшăлĕсем. Камран кăна çук-ши вĕсем? Хурлăхлă музыка пĕр чарăнмасăр янăраса тăрать. Вăхăт-вăхăт арçынсен хорĕ, е хĕрарăмсен хорĕ мĕнпур халăх чĕри ыратнине чун-чĕрене тивмелле тарăн та хурлăхлă сасăпа юрла-юрла ярать. Халăх шăппăн иртет, иртет...

Колоннăллă зал варринче чĕрĕ чечексен ăшĕнче, хĕрлĕ пурçăнпа тытнă тупăкра Иосиф Виссарионович выртать. Нихçан асран кайми кăмăллă сăнар çинчен куçсене илмесĕр, чечек кăшăлне йăтса аслă тупăк умне пырса чарăнса тăратпăр. Пĕтĕм чăваш ĕççыннисен ячĕпе ытти тăванла халăхсен йышĕнче чăваш халăхне те çутă телей панăшăн аслă çулпуçне Иосиф Виссарионовича чун-чĕререн тав туса, ун умĕнче юлашки хут пуç таятпăр. Чечек кăшăлне ун тупăкĕ умне хурса хисеплĕ хурала тăратпăр.

Ĕмĕр манми самант. Вăл самантра чунчĕрере мĕнле туйăмсем тăвăннине, пуçра мĕнле шухăшсем капланса иртнине тавçăрса илме те, сăмахпа каласа пама та йывăр. Хăвăн пурнăçу, ĕçу, савăнăçу, телейÿ, пĕтĕм çĕршывăн, пур халăхсен пурнăçĕ, ĕçĕ, савăнăçĕ, телейĕ пĕр пурăнмихе аслă Сталинпа çыхăнни çинчен шухăшлатăн, Сталин пек халăх юратма, халăхшăн пĕтĕм вăя, пĕтĕм пурнăçа пама, Ленин—Сталин ячĕпе пурнăçлама тупа тăватăн..

Хисеплĕ хуралта тăнă хыççăн тăрах халăхпа пĕрле Сталин тупăкĕ умĕпе иртетпĕр. Унăн манми хаклă та сывăх сăнарне ĕмĕрлĕх пăхса юлас килет...

Мартăн 9-мĕшĕнче Тăван çĕршывăн столици Мускав, пĕтĕм совет халăхĕ, пĕтĕм тĕнчери ĕççыннисем хăйсен манми çулпуçне юлашки çула ăсатрĕç.

Эпир ирех пиншер-пиншер ĕççыннисемпе пĕрле Хĕрлĕ площадьри трибунăсем çине тухса тăтăмăр. Площадь тулли, трибунăсем тулли халăх. Площадь тăрăх Мавзолей умĕпе çарсем тăрса тухнă. Пуçсем çинче траурлă ялавсем, хура тăрăхсемпе тыттарнă çулпуç портречĕсем. Тарăн хурлăхпа шухăша путнă халăх чĕнмесĕр тăрать...

Вунă сехет çурăра Союзсен çуртĕ енчен пытару маршĕ янрани илтĕнсе каять. Акă, вĕççĕрех чечек кăшăлĕсем йăтнă çынсем курăнма пуçлаççĕ. Тăван çĕршыв Сталин юлташа наградăланă орденсене пĕчĕк пурçăн минтерсем çине хунă, вĕсене маршалсем йăтса пыраççĕ, вĕсен умĕнче С. М. Буденный пырать. Унтан тунă лафечĕ çине хунă хĕрлĕ тупăка курăтпăр. Тупăк хыççăн Партипе Правительство руководителĕсем, урăх çĕршывсенчен килнĕ делегацисем утаççĕ.

Траурлă кортеж Мавзолей умне пырса чарăнать. Мавзолей трибуни çине Партипе Правительство руководителĕсем, урăх çĕршывсенчи Коммунистсен тата Рабочи партисен руководителĕсем улăхаççĕ. Траурлă митинг пуçланать.

Пирĕнпе пĕрле пĕтĕм Совет çĕршывĕ, пĕтĕм тĕнче аслă Сталинăн çывăх соратникĕсем Г. М. Маленков, Л. П. Берия, В. М. Молотов юлташсем каланă сăмахсене итлеççĕ.

Партипе Правительство руководителĕсем пĕтĕм Совет халăхĕ ячĕпе аслă Сталин умĕнче унăн мухтавлă ĕçне хăюллăн та çирĕп малалла туса пыма, Ленин—Сталин ялавне çÿлте тытма, миршĕн, халăх телейĕшĕн, коммунизмшăн кĕрешме сăмах параççĕ, тупа тăваççĕ...

Митинг пĕтет. Иосиф Виссарионович Сталин тупăкне тирпейлĕн çĕклесе Мавзолейе илсе кĕреççĕ. Çав самантра тупăсен сасси кĕрлесе каять, мĕнпур заводсем, фабрикăсем, станцисенчи пăравуссем вăраммăн гудоксем пама тытăнаççĕ. Çынсем тутрисемпе куçĕсене хупласçĕ. Пĕтĕм çĕршыв ĕсĕклесе йĕрет тейĕн... Совет халăхĕ хăйĕн аслă тăван çулпуçне пытарать, чи юратнă, чи çывăх, чи хаклă ашшĕпе, гениллĕ полководецпа Иосиф Виссарионович Сталинпа ĕмĕрлĕхех уйрăлать, ăна чысласа салютлать...

Çук, уйрăлмасть пиртен Сталин! Сталин—вăл вилĕмсĕр! Сталин вăл—пурнăç. Çав пурнăç малалла тăсăлнине асă илтерсе, Ленин—Сталин ялавне тата çÿлерех çĕклеме, Коммунистсен партийĕ, Совет Правительстви тавра тата тачăрах пĕрлешсе, коммунизм çулĕпе çирĕппĕн утма, çĕнĕрен çĕнĕ çĕнтерÿсем туса пыма чĕнсе, çĕнтерÿ гимнĕ—Совет Союзĕн Гимнĕ хăватлăн янăраса каять. «Ленин—Сталин» тесе çырнă Мавзолей умĕн, Партипе Правительство руководителĕсем умĕн çирĕп стройпа çарсем иртеççĕ, пуçсем çийĕн умлăн-хыçлăн реактивлă самолетсем вăшлатса иртсе çухалаççĕ. Тăван халăхĕпе пĕрле Совет Çарĕ аслă полководеца чыслать, çĕршывăн мирлĕ ĕçне малашне те çирĕп сыхлама Парти умĕнче, Правительство умĕнче, халăх умĕнче тупа тăвать.

Лăпкă çывăр, хаклă çулпуçăмăр Иосиф Виссарионович Сталин юлташ! Санăн ĕçÿ шанчăклă алăра. Эсĕ кăтартнă çулпа пырса, эсĕ вĕрентнĕ пек ĕçлесе, кĕрешсе, эпир коммунизм çĕнтерĕвне курăпăр. Ленинпа Сталин пиллесе хăварнине чыслăн пурнăçлăпăр!

Уйăп МИШШИ.

# Андрэ Стиль совет писателĕсемпе тĕл пулни

Паллă француз писателĕ, Сталин премийĕн лауреачĕ Андрэ Стиль тата поэт Эме Сезар Мускава килнĕ. Вĕсем ССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕпе тата Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн Секретарĕпе И. В. Сталина пытарма Франци делегацийĕпе пĕрле Совет Союзне килнĕ.

Франци литераторĕсене ССР Совет писателĕсен Союзĕнче йышăннă.

Калаçура Андрэ Стиль Сталин юлташ вилни Франци халăхне чĕререн хурлантарни çинчен каласа панă. Францире аслă çулпуç асăнса нумай çынлă траурлă митингсем иртернĕ.

Андрэ Стильпе Эме Сезар ыйтнипе К. Симонов, А. Сурков, И. Анисимов, Б. Полевой тата ытти писательсем совет литераторĕсен творчествăллă ĕçĕ çинчен, вĕсен пулăвĕсемпе çыхăну тытни çинчен каласа панă. Калаçура социализмла реализм çинчен тăракан ыйтусене тата писательсем миршĕн кĕрешес ĕçе хутшăнас ыйтусене хускатнă. (ТАСС).

# Научнăй коммунизм никĕсне хывнă аслă çын

*(К. Маркс вилнĕренпе çитмĕл çул тултарнă тĕле)*

1883 çулхи мартăн 14-мĕшĕнче этемлĕхĕн питех те аслă мыслителĕ, научнăй коммунизм никĕсне хываканĕ, пĕтĕм тĕнчери пролетариатăн учителĕпе çулпуçĕ Карл Маркс вилнĕ.

Класс кĕрешĕвĕн пĕтĕм историйĕн тăршшĕнче малта пыракан çынсем халăха чуралăхран, эксплуатацирен, пусмăрлăхран, чухăнлăхран çăлмалли çула тупма тăрăшнă. Анчах ун чухне истори ыйтăвĕсем çине пăхас ĕçри йĕркесĕрлĕхсемпе тĕрĕс мар теорисем çыннăн обществăллă пурнăçне ăнланса илме май паман. «Этемлĕх шухăшлавĕн, — тесе çырнă Сталин юлташ, — социализма наука енчен хатĕрлесе никĕслесе парас умĕн нумай тертленме, хĕн курма, улшăнма тивнĕ».

Маркс хăйĕн революциллĕ ĕçĕсем пуçланнă вăхăтрах, унччен теори тĕрĕс мар çулпа аталанса пынине палăртнă тата революциллĕ наука задачисене кăтартса панă. «Философсем тĕнчене тĕрлĕ майпа ăнлантарса панă кăна, — тесе çырнă вăл, — анчах ĕç ăна улăштарассинче пулса тăрать».

Хăйĕн аслă тусĕпе тата соратникĕпе Энгельспа пĕрле К. Маркс чи революциллĕ класăн — пролетариатăн теоретикĕпе çулпуçĕ пулнă.

Обществăллă шухăшлавăн мĕнпур çитĕнĕвĕсене критиклесе тĕпчесе тухса, пусмăрта пурăнакан классен кĕрешĕвĕн опытне генилле пĕтĕçтерсе, К. Маркс этемлĕх историйĕ аталанса пымалли закона уçса панă, унăн аталанăвĕ пурпĕрех коммунизма çитмеллине наука енчен ăнлантарса панă. Унăн генилле произведенийĕсем: «Нищета философии», «Классовая борьба во Франции с 1848 по 1850 г.», «Восемнадцатое брюмера Луи Бонапарта», «Гражданская война во Франции», «К критике политической экономии», «Критика Готской программы» тата ытти произведенийĕсем, çавăн пекех Ф. Энгельспа пĕрле çырнă «Коммунистсен Партийĕн Манифесчĕ» научнăй коммунизмăн вилĕмсĕр произведенийĕсем пулса тăраççĕ, вĕсем этемлĕхе капитализмла чуралăхран ирĕке кăларассишĕн кĕрешме, коммунизм çĕнтерĕвĕшĕн кĕрешме рабочи класа хĕçпăшаллантараççĕ.

«Марксизм вăл, — тесе вĕрентнĕ Сталин юлташ, — çутçанталăкпа общество аталанăвĕн законĕсем çинчен вĕрентекен наука, пусмăрпа эксплуатацире пурăнакан массăсен революцийĕ çинчен вĕрентекен наука, мĕнпур çĕршывсенче социализм çĕнтересси çинчен вĕрентекен наука, коммунизм обществи тăвасси çинчен вĕрентекен наука».

Капитализм ĕмĕр-ĕмĕрех пулмалла тенĕ йăнăш теорие хирĕç К. Маркс хăйĕн улăпла мĕнпур ĕçĕсемпе кĕрешнĕ, Ф. Энгельспа пĕрле общество çинчен чăн-чăн наука туса аталантарнă. Çак наукăра, тесе палăртнă Энгельс, «ертсе пыракан тĕп шухăшсен питех те пысăк пайĕ, уйрăмах экономикăпа истори тĕлĕшпе, Марксăн пулса тăраççĕ... Çавăнпа та вăл тивĕçлипех унăн ячĕпе тăрать».

К. Маркс философире революциллĕ улшăну тунă. К. Маркскран вара философи историйĕнче çĕнĕ тапхăр пуçланнă, вăл унтанпа чăн-чăн наука пулса тăнă. К. Маркспа Ф. Энгельс туса панă диалектикăллă материализм коммунизмăн теориллĕ никĕсĕ пулса тăрать. Çавна пула рабочи класс коммунизм çĕнтерĕвĕшĕн кĕрешме идейăллă хăватлă хĕçпăшал туяннă.

Питех те нумай фактсене тишкĕрсе тухнă никĕс çинче Маркс экономикăллă çĕнĕ вĕренӳ тунă. Çак вĕренӳре капитализмла производство меслечĕн вăрттăнлăхне уçса панă тата капитализм хирĕçĕвĕсене, ăна пурпĕрех вилĕм патне илсе пыракан хирĕçӳсене кăтартса панă. К. Маркс обществăллă тĕп вăй — пролетариат пĕлтерĕшне ăнлантарса панă, ун çине истори питĕ пысăк та пархатарлă мисси хунă. Ку вăл — çынна çын эксплуатацилессине яланлăхах пĕтересси, капитализма пĕтересси, çĕнĕ, коммунизмла общество тăвасси пулать.

Буржуазие хӳтĕлекенсене, капиталистсен пуянлăхĕн чăн-чăн çăлкуçĕсене пытарса тăма хăтланакансене тӳрĕ шыв çине кăларса, Маркс çапла кăтартса панă: «хутшăнакан хаклăх тăвасси е çăмăллăнах пуясси — çакăн пек çак производство меслечĕн абсолютнăй законĕ», услам илес тесе буржуази нимĕнрен те именмест. Капитализм, юнĕçĕн пекех, чĕрĕ ĕçе сăхса илсен кăна вăй илет, чĕрĕ ĕçе мĕн чухлĕ ытларах сăхса илет, çавăн чухлĕ тулăнрех пурăнать.

Капитализмла эксплуатаци мĕнле пулса пынине кăтартса парса, Маркс капитализмла накоплени пĕтĕмĕшле законне уçса кăтартнă. Çак накоплени пĕр енче пуянлăх ӳсĕмĕсемĕн ӳсесси патне, теçĕр енче ĕçсынни массисен абсолютнăй тата относительнăй чухăнлăхĕ ытларах ӳсесси патне илсе пырать. Çапсем вĕсем хирĕçӳсем çивĕчленесси патне, пролетариатпа буржуази хушшинче класс кĕрешĕвĕ вăйланасси патне, буржуазие революциллĕ майпа сирпĕтсе антарасси патне илсе пыраççĕ.



Марксăн тава тивĕçлĕ питех те пысăк ĕçĕ çакă пулать: капитализм пурпĕрех пĕтмелли çинчен вăл этемлĕх историйĕнче чи малтанхи хут кăтартса панă кăна мар, çавăн пекех çĕнĕ общество мĕнле пулмалли çинчен те каланă. К. Маркс хăйĕн произведенийĕсенче пулас коммунизмла обществăн тĕп паллисене тишкĕрсе тухнă тата капитализмран коммунизма куçас ĕçĕн тĕп енĕсене генилле кăтартса панă.

«Капитализмла обществăпа коммунизмла общество хушшинче, — тесе çырнă К. Маркс, — пĕрин тепринпе улшăнмалли тапхăр выртать. Çак тапхăрпа политикăллă куçу тапхăрĕ те килĕшсе тăрать, çак тапхăрти государство та пролетариатăн революциллĕ диктатури пулнисĕр пуçне урăхла нимĕнле те пулма пултараймасть».

Капитализмран социализма куçмалли тапхăр çинчен каласа, Маркс коммунизмла общество аталанăвĕнче икĕ сыпăк пулассине кăтартса панă: пуçламăш сыпăк — социализм, çӳлти сыпăк — коммунизм.

К. Маркс çапла кăтартса панă: социализмла общество капитализмла обществăран тухса тăрать, «çавăнпа та вăл мĕнпур хутшăнусенче, экономика, нравственность, ăс-тăн тĕлĕшпе, кивĕ общество паллисене, хăй çуралса тухнă общество паллисене палăртса тăрать».

Капитализмла производство меслетне социализмла производство меслечĕпе танлаштарса пăхса, К. Маркс çапла кăтартса панă: капитализмла производство тĕллевĕ вăл хутшăнакан хаклăх питĕ нумай тăвасси пулать. Сталин юлташ хăйĕн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăлла проблемисем» ятлă произведенийĕнче çапла палăртрĕ: Марксăн çак сăмахĕсем капитализмла производство тĕллевне кĕскен те тĕрĕс кăтартса панипе паха пулса тăраççĕ.

Производство хатĕрĕсен производствипе потреблени хатĕрĕсен производстви хушшинчи çыхăнусене тĕпчесе пĕлсе, Маркс воспроизводство çинчен теори туса хатĕрленĕ, ку теори, Сталин юлташ кăтартса панă тăрăх, социализмла — коммунизмла производствăра та хăйĕн вăйне палăртса тăрать.

Сталин юлташ çапла çырнă:

«Çакна палăртмалла: Маркс «Готски программăна критиклени» кĕнекере социализм экономикипе коммунизма куçнă тапхăрти экономикăна тĕпчесе вĕреннĕ чухне те хăйĕн воспроизводство теорийĕн тĕп положенийĕсене асра тытать, вăл вĕсене коммунизмла стройшăн та обязательнă тесе шутланă пулмалла».

Марксизма никĕслесе панă аслă К. Маркспа Ф. Энгельс пролетариат гегемонийĕ çинчен тĕп идейăсем каласа панă, пролетариат хăй тавра мĕнпур ĕçсыннисене пĕтĕçтерсен кăна буржуазие хирĕç ăнăçлă кĕрешме пултарать, хресченсем, ремесленниксем, пусмăрта пурăнакансем пролетариат енне тăтăклăн тăрсан хăйсене юхăнса пырассинчен, эксплуатацирен, чухăнлăхран тата выçлăхран çăлса хăварма пултараççĕ, тенĕ. Пусмăрта пурăнакансем мĕншĕн чухăн пулнин сăлтавĕсене уçса парса, Маркспа Энгельс çапла кăтартса панă: ĕçсыннисем буржуази ырă кăмăллă пуласси çине шанса тăма пултараймаççĕ, вĕсен чăннипех телейлĕ те савăнăçлă малашлăхне пусмăрçăсене тата эксплуататорсене хирĕç класс кĕрешĕвне вăйлăн туса пырсан çеç çĕнсе илме пулать.

К. Маркс хресченсене социализмла революци енне хутшăнтармалли çулсене кăтартса панă, хресченсен тĕп массисене хăй енне куçарассишĕн пролетариатăн тăтăклăн тăрăшмалла, тесе шутланă.

Пролетариат «правительство пулса, — тесе çырнă Маркс, — мерăсем йышăнма тивĕçлĕ, çав мерăсене пула хресчен пурнăçĕ тӳрремĕн лайăхланмалла, çапла вара, ăна революци енне çавăрмалла; çак мерăсем çĕр уйрăм харпăрлăх пулнинчен ăна коллективлă харпăрлăх тăвас ĕçе çăмăллатмалла...».

К. Маркс коммунизм çинчен генилле каласа панă. Коммунизмла обществăра çынсем хушшинче класлă уйрăмлăхсем пулмаççĕ. Ĕç пурнăç тума кирлĕ майран çыннăн чи пĕрремĕш потребноçĕ пулса тăрать. «Кашниинчен — унăн пултарулăхне кура, кашнине — хăйне кирлине кура» текен коммунизмла принцип обществăллă пĕтĕм пурнăçра тĕп вырăн йышăнса тăмалла.

Научнăй коммунизм теорине туса, К. Маркс çапла шутланă: капитализмран коммунизма куçасси, — вăл пурпĕрех, закономернă пулмалла, — хăй тĕллĕн пулма пултараймасть. Рабочи класăн, ĕçсынни массисен, общество аталанăвĕн законĕсене пĕлсе, историе ăнланулăн аталантарса пымалла, çакă вăл çĕнĕ обществăллă строй тăвас ĕçри йывăрлăхсене чакарма тивĕçлĕ.

«Общество, — тесе çырнă К. Маркс, — хăй аталанăвĕн пурпĕрех пулмалли законĕ йĕрне тупсан та... аталанура пурпĕрех пулмалли формăсем урлă сиксе каçма, вĕсене декретсемпе улăштарма пултараймасть». Анчах вăл çĕнĕ общество тăвас ĕçри йывăрлăхсене кĕскетсе чакарма пултарать.

Коммунизмла общество çинчен наука туса, К. Маркс тĕп тĕллеве пурнăçлама рабочи класпа ĕçсынни массисен аллине компас панă.

К. Маркс пролетариллĕ аслă революционер пулнă; вăл пĕтĕм тĕнчери рабочи юхăмăн наукăллă никĕсĕсене хывнă кăна мар, çавăн пекех тата пролетариатăн класлă кĕрешĕвĕн теорийĕпе практикине пĕрлештернĕ.

Ĕçсыннисен коммунизм патне пымалли çулне хăйсен вĕрентĕвĕн çуттипе çутатса, марксизм никĕсне хываканĕсем çапла кăтартса панă: пролетариат хăйĕн пĕтĕм тĕнчипе пысăк пĕлтерĕшлĕ миссине хăйĕн революциллĕ партийĕ ертсе пынипе пурнăçлама пултарать.

Пĕтĕм тĕнчери рабочисен пĕрремĕш организацийĕн — «Коммунистсен Союзĕн» организаторĕпе çулпуçĕ, I Интернационал çулпуçĕ Маркс рабочи юхăма научнăй коммунизмпа пĕрлештерессине хăйĕн задачи тесе шутланă. Маркс хăйĕн публицистла ĕçĕсенче хăй вăхăтĕнчи историллĕ событисем çинчен çырнă, пуç пулса тăракан классене, реакциллĕ правительствăсене тата халăх массине сутаканĕсене çав тери ылханса тăрă шыв çине кăларнă. Вăл тĕнчери тĕрлĕ çĕршывсенчи кĕрешекен ĕçсыннисене пулăшу пама пур майсемпе те тăрăшнă. К. Маркс Англири чартистсен юхăмне, Германире 1848 çулта пулнă революцие тӳрремĕнех хутшăннă. Вăл Париж коммунарĕсене пысăк пулăшу панă. Ирланди, Польша, Итали халăхĕсен ирĕке тухассишĕн пынă кĕрешĕвне, çавăн пекех Китайпа Инди халăхĕсен тата пусмăрта пурăнакан ытти халăхсен кĕрешĕвне вăл ырласа палăртнă.

Российăри революциллĕ юхăма Маркс уйрăмах тимлĕн те хĕрӳллĕн сăнаса тăнă. «Маркспа Энгельс, — тесе çырнă Ленин, — вырăс революцине тата унăн пĕтĕм тĕнчери пĕлтерĕшне çирĕппĕн ĕненсе тăнă».

К. Маркспа Ф. Энгельс вилнĕ хыççăн II Интернационалăн социалистла партийĕсен оппортунистла лидерĕсем, буржуази майлă пулса, рабочи класс интересĕсене сутса, марксизма ревизи тума, унăн революциллĕ шухăшне пĕтерсе лартма хăтланнă, çапла вара пролетариата теорипе идеологи енчен хĕçпăшалсăр тăратса хăварма хăтланнă.

Маркспа Энгельсăн ĕçĕсене малалла туса пынă аслă Ленинпа Сталинăн пĕтĕм тĕнчипе паллă историллĕ, тава тивĕçлĕ ĕçĕ çакă пулать: тĕрлĕ оппортунизма хирĕç ним килĕшмесĕр кĕрешсе, вĕсем марксизма хӳтĕлесе хăварчĕç кăна мар, çавăн пекех тата историллĕ çĕнĕ условисенче, империализмпа пролетариллĕ революцисен тапхăрĕнче, ăна малалла аталантарса çĕнĕ пусăма çĕклерĕç.

Ленинизм — империализмпа пролетариллĕ революцисен тапхăрĕнчи марксизм пулать. Ленинизм — вырăс тата пĕтĕм тĕнчери культура аталанăвĕнчи чи пысăк çитĕнӳ. Ленинизм вăл — интернационализмла вĕренӳ, вăл пур çĕршывсемшĕн те питĕ кирлĕ.

Ленин хыççăн Сталин творчествăллă марксизм ялавне çӳле çĕклерĕ, марксизм-ленинизма наукăллă питех те пысăк открытисемпе пуянлатрĕ. Унăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăлла проблемисем» ятлă генилле çĕнĕ произведенийĕ марксистла-ленинла наукăна питех те пысăк пуянлăх пулса кĕчĕ, ăна çĕнĕ открытисемпе — социализмăн тата ку чухнехи капитализмăн экономикăлла законĕсемпе пуянлатрĕ.

Сталин юлташ хăйĕн произведенийĕнче социализмла обществăра обществăллă производство законĕсем тата материальнăй пуянлăхсене валеçессин законĕсем мĕнле пулнине тĕпчесе тухнă. Вăл социализмран коммунизма куçмалли çулсем çинчен программăллă положенисем кăларса тăратрĕ.

Маркс — Энгельс — Ленин — Сталин вĕрентĕвĕ пирĕн партие никам çĕнтерейми вăй парать, историре çĕнĕ çулсем хывма, пирĕн малалла пырас çулăн тĕллевне уçсăн курма, хăвăртрах çĕнтерӳсем туса, вĕсене çирĕплетсе пыма май парать.

Ленинла-сталинла идейăсем мĕнпур çĕршывсенчи халăх массисен империализма хирĕç, миршĕн, демократишĕн тата социализмшăн пыракан кĕрешĕвĕн задачисемпе малашлăхне революциллĕ теорин вăйлă çуттипе çутатса тăраççĕ.

Научнăй коммунизма хирĕç кĕрешес ĕçре Америкăпа Англири империалистсем тата вĕсен тарçисем — сылтăм социалистсем çав тери ултавлă, ирсĕр, юнлă меслетсемпе усă кураççĕ, вĕсем капитализмла çĕршывсенчи ĕçсынни массисем хушшинче марксизм-ленинизм сарăлассине чарса лартас тесе тем те пĕр тăваççĕ. Империалистла реакци тем тĕрлĕ ирсĕр меслетсемпе усă курсан та, историре кашни çĕнĕ тапхăртах марксизм-ленинизм çĕнĕрен те çĕнĕ çитĕнӳсем тăвать.

Марксизм-ленинизм Ленинăн — Сталинăн аслă партийĕн историллĕ ĕçĕсенче, коммунизм патне шанчăклăн пыракан совет халăхĕн ĕçĕсемпе кĕрешĕвĕнче пурăнса çĕнтерет. Марксизм-ленинизм социализм тăвакан халăх демократи çĕршывĕсенчи ĕçсыннисен хастарлă кĕрешĕвĕнче пурăнса çĕнтерет. Марксизм-ленинизм пĕтĕм тĕнчери революциллĕ юхăм ӳссе пынинче, капитализмла çĕршывсенчи рабочи класс буржуази диктатурине хирĕç кĕрешнинче, колонисенчи пусмăрта пурăнакан халăхсем наци ирĕке кăларассишĕн империализмла чуралăха хирĕç туса пыракан юхăмра пурăнса çĕнтерет.

Марксизм-ленинизм ялавне аслă Сталин çӳлте тытса пычĕ.

Марксизмăн-ленинизмăн вилĕмсĕр идейисене пирĕн парти малашне те çӳлте тытса пырĕ. Çав идейăсем мĕнпур çĕршывсенчи ĕçсыннисен çулне, аслă тĕллев патне — коммунизм патне пымалли çулне çутатса тăраççĕ.

**Н. САМОРУНОВ.**

# И. В. СТАЛИНА АСĂНСА

## СОВЕТ СОЮЗĔНЧИ КОММУНИСТСЕН ПАРТИЙĔН ЦЕНТРАЛЬНĂЙ КОМИТЕТНЕ

Италири Социалистсен партийĕн руководстви, Иосиф Сталин вилнĕ пирки чрезвычайнăй ларăва пухăнса, Италири социалистсем хурланни çинчен Совет Союзĕнчи Коммунистсен партине, Правительствăна тата Совет Союзĕнчи халăхсене пĕлтерет. Совет государствине тăвакан, пĕтĕм тĕнчери ĕçсыннисен тусĕ, мире хӳтĕлекен тата унăн шанчăклă пулнă çын вилнĕ май Италири Социалистсен партийĕ унăн умĕнче парти ялавĕсене тайăлтарать.

Парти секретарĕ — **ПЬЕТРО НЕННИ.**

Рим хули.

## СОВЕТ СОЮЗĔНЧИ КОММУНИСТСЕН ПАРТИЙĔН ЦЕНТРАЛЬНĂЙ КОМИТЕТНЕ

Мускав.

Сталин юлташ вилни çинчен пĕлсен эпир чĕререн хурлантăмăр. Халăхсен юратнă çулпуçĕ тата учителĕ, мир ялавне çӳлте тытса пынă, нихçан манмалла мар Сталин юлташ вилнĕшĕн эпир совет халăхĕпе, Совет Правительствипе, Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕпе тата тăванла партисемпе пĕрле чунтан-чĕререн хурланатпăр.

Вăл вилнĕшĕн пĕтĕм прогрессивлă этемлĕхпе пĕрле пирĕн халăх та хурланать. Сталин юлташăн çутă ячĕ тата унăн ырă примерĕ пирĕн çула яланах çутатса тăрĕ. Çак хурлăхлă кунсенче эпир мире сыхласа хăварассишĕн, аслă Совет халăхĕпе туслă пулассишĕн, Гватемалăна ирĕке кăларассишĕн вăя шеллемесĕр кĕрешме тупа тăватпăр.

Юратнă Сталин юлташа ĕмĕр-ĕмĕр асăнса пурăнăпăр.

**ГВАТЕМАЛАРИ ĔÇЛĔХ ПАРТИЙĔН ЦЕНТРАЛЬНĂЙ КОМИТЕЧĔ.**

## СОВЕТ СОЮЗĔНЧИ КОММУНИСТСЕН ПАРТИЙĔН ЦЕНТРАЛЬНĂЙ КОМИТЕТНЕ

Аслă Сталин вилни çинчен пĕлнĕ хыççăн чĕре ыратнă кунсенче эпир Совет Союзĕнчи Коммунистсен мухтавлă партийĕн Центральнăй Комитетне тата совет халăхне Аргентинăри коммунистсемпе Аргентина халăхĕ сирĕнпе пĕрле хурланни çинчен пĕлтеретпĕр.

Совет Союзĕнчи коммунистсемпе мĕнпур халăхсем Сталин коммунизм туса çитерме тата мире сыхласа хăварма кăтартса панисене пурнăçлас шухăшпа мухтавлă Ленин — Сталин партийĕ тавра тата тачăрах пĕтĕçнĕ пекех, Аргентинăри коммунистсемпе халăх мире, демократие тата хамăр çĕршыв никама пăхăнмасăр пурăнмалла тăвассишĕн кĕрешме хăйсен речĕсене тата тачăрах пĕтĕçтереççĕ.

Вилĕмсĕр Сталина ĕмĕрлĕхе мухтав!

Сывă пулччăр Совет Союзĕнчи Коммунистсен мухтавлă партийĕ тата паттăр совет халăхĕ!

Центральнăй Комитет ячĕпе — **ВИКТОРИО КОДОВИЛЬЯ, АРНЕДО АЛЬВАРЕС, ВИКТОР ЛАРРАЛЬДЕ, РОДОЛЬФО ГИОЛЬДИ, ХОСЕ ПЕТЕР, АЛЬСИРА ДЕ ЛА ПЕНЬЯ, ФЛОРИНДО МОРЕТТИ.**

Буэнос-Айрес хули. Аргентина.

## Сталин ячĕ ĕмĕрех пурăнĕ

Радио тĕнчене хурлăхлă хыпар пĕлтерчĕ — Сталин юлташ вилсе кайнă. Сталин юлташ сасартăк тата вăхăтсăр вилни çинчен пĕлсен эпĕ калама çук хытă хурлантăм.

Эпĕ нумай пулмасть, çак çулхи февралĕн 17-мĕшĕнче И. В. Сталинпа калаçнăччĕ. Вăл ун чухне сывă та савăнăçлăччĕ. Халĕ ĕнтĕ вăл пирĕнтен уйрăлса кайрĕ, — çак хыпара ĕненме те питĕ йывăр.

И. В. Сталин вилни Совет Союзĕшĕн кăна мар, пĕтĕм этемлĕхшĕн калама çук пысăк çухату пулса тăрать. Ленинпа пĕрле Сталин Маркспа Энгельс теорине аталантарнă тата пурнăçа кĕртнĕ. Росси историйĕнчи чи йывăр вăхăтра Ленинпа Сталин пĕрле ĕçлени çинчен малашне пулас ăрусем те асра тытса пурăнĕç. Ленин вилнĕ хыççăн Сталин теорире кăна мар, практикăра та коммунизм чăнлăхне сарса пырассишĕн ответлăха хăй çине илнĕ.

Юлашки 30 çул ытла вăхăтра, уйрăмах Ленин вилнĕ хыççăн, Сталин çул кăтартса ертсе пынипе Совет çĕршывĕ питĕ пысăк строительство туса пынă, çакă вăл этем вăйне организацилесси, дисциплинăна тата пĕр тĕллеве пăхăнтарсан калама çук пысăк ĕç тума пултарнине кăтартса тăрать.

Сталин Совет Союзне индустриализацилемелли майсене палăртса пурнăçа кĕртнĕ. Вăл Совет çĕршывĕн экономикине социализмла пĕр никĕс çине куçарнă, — ялхуçалăхне коллективизацилемелли çулсене палăртса пурнăçа кĕртнĕ. Вăл искусствăна, культурăна, наукăна халăх сывлăхне сыхлас ĕçе аталантара… тĕлĕшпе те питĕ пысăк ĕçсем тунă. Вă… социализмран майĕпен коммунизма ку… малли çулсене палăртса хунă.

Тĕнчери иккĕмĕш вăрçă çулĕсенч… И. В. Сталин хăйĕн çĕршывĕн вăйĕсен ăнăçлă организацилерĕ. Вăл ертсе пыни… пе Совет Союзĕ хăйĕн вăйĕсене пĕтĕçтер… нĕ, мухтавлă паттăр ĕçсем тунă, фа… шистсен çарĕсене аркатса тăкса пĕте… нĕ, çапла вара тĕнчене нацизм хăруш… хĕнчен хăтарнă. Сталин генийĕ тĕнчен… прогреса, этемлĕхĕн телейне çăлса хăва… нă, çавăншăн пĕтĕм тĕнче Сталина т… туса нурăнма тивĕçлĕ.

Мыслитель, писатель, полководец, орг… низатор тата этемлĕхĕн чăн-чăн çу… пуçĕ пулнă Сталин ячĕ Совет çĕршывĕ… историйĕнче кăна мар, пĕтĕм тĕнче и… торийĕнче ĕмĕр-ĕмĕрех пурăнĕ.

И. В. Сталин вилнĕшĕн эпĕ уйрăма… хытă хурланатăп. Эпир унпа ирĕклĕ… уçсăн тата тӳррĕн калаçнине эпĕ ни… çан та манас çук.

Сталин вилнĕ, анчах унăн ячĕ, унă… сăмахĕсем тата унăн ĕçĕсем этемлĕх… ырлăх кӳрсе ялан пурăнĕç.

**С. КИТЧЛУ,**

**Пĕтĕм Индири Мир Совечĕн председателĕ, «Халăхсем хушшинчи мира çирĕплетнĕшĕн» паракан тĕнчери Сталинла преми лауреачĕ.**

## СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕ И. В. Сталин вилнĕ пирки урăх çĕршывсенчи ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕсем хурланса пĕлтерни

ССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕн Председателĕ И. В. Сталин вилнĕ пирки çак урăх çĕршывсен ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕсем СССР Ют çĕршыв Ĕçĕсен министерствине хăйсен тӳрех çыру ярса е ССР Союзĕн урăх çĕршывсенчи Посольствисемпе Миссийĕсем урлă хăйсем хурланни çинчен пĕлтернĕ: Китай Халăх Республикин, Польша Халăх Республикин, Чехословаки республикин, Болгари Халăх Республикин, Венгри Халăх Республикин, Румыни Халăх Республикин, Албани Халăх Республикин, Монголи Ха… лăх Республикин, Демократиллĕ Коре… Халăх Республикин, Демократиллĕ Вьет… нам республикин, Великобританин, Фи… ляндин, Бирмăн, Мексикăн, Аргентинă… Индонезин, Иранăн, Афганистанăн, Ита… лин, Ливанăн, Йеменăн, Боливин, Люк… сембургăн, Уругвайăн, Исландин, Тур… цин, Данин, Норвегин, Австрин, Эфио… пин, Таиландăн, Ливин тата Либерин.

(ТАСС).

## ССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕн Председательне Иосиф Виссарионович Сталина пытарнă çĕрте пулма урăх çĕршывсенчен килнĕ правительство делегацийĕсем Мускавран кайни

Мартăн 11-мĕшĕнче çак правительствăсен делегацийĕсем — ССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕн Председательне Иосиф Виссарионович Сталина пытарма килнĕ делегацисем — Мускавран кайнă:

Румыни Министрĕсен Совечĕн Председателĕ Г. Георгиу-Деж ертсе пыракан делегацийĕ. Делегацие СССР Министрĕсен Совечĕн председателĕн заместителĕ М. Г. Первухин, СССР Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министрĕн Заместителĕ Б. Ф. Подцероб тата СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Секретарĕн Заместителĕ А. Ф. Горкин ăсатса янă.

Демократиллĕ Германи Республикин Премьер-министр О. Гротеволь ертсе пыракан делегацийĕ. Делегацие КПСС Центральнăй Комитечĕн Секретарĕ М. А. Суслов тата СССР Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министрĕн Заместителĕ Г. М. Пушкин ăсатса янă.

Чехословаки Президент К. Готвальд ертсе пыракан делегацийĕ. Делегацие СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕн Заместителĕ Н. А. Булганин тата СССР Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министрĕн За… местителĕ Г. М. Пушкин ăсатса янă.

Польша Халăх Республикин Министрĕ… сен Совечĕн Председателĕ Б. Берут ерт… се пыракан делегацийĕ. Делегацие ССС… Министрĕсен Совечĕн Председателĕн За… местителĕ Н. А. Булганин тата ССС… Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министрĕн Заместителĕ Я. А. Малик ăсатса янă.

Болгарин Министрĕсен Совечĕн Предсе… дателĕ В. Червенков ертсе пыракан де… легацийĕ. Делегацие СССР Министрĕсе… Совечĕн Председателĕн Заместител… М. Г. Первухин тата СССР Ют çĕршы… Ĕçĕсен Министрĕн Заместителĕ Б. Ф. Под… цероб ăсатса янă.

Финляндин Премьер-министр У. Кекко… нен ертсе пыракан делегацийĕ. Делегацие СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕн Заместителĕ А. И. Микоян, СССР Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министрĕн Заместителĕ Я. А. Малик тата ССР Союзĕн Финляндири посланникĕ В. З. Лебедев ăсатса янă.

## Комсомолецсемпе çамрăксен политикăллă вĕренĕвне лайăхлатни кирлĕ

ХĔРЛĔ ЧУТАЙ. КПСС райкомĕн бюровĕ комсомолецсемпе союзра тăман çамрăксен политикăллă вĕренĕвĕ çинчен ВЛКСМ райкомĕн отчетне итлерĕ.

ВЛКСМ райкомĕ комсомолецсемпе союзра тăман çамрăксен политикăллă пĕлĕвне ӳстерес шутпа пурĕ 57 кружокпа политшкул организациленĕ. Районти больницăра, Карл Маркс ячĕпе, Маленков ячĕпе тăракан, «Путь Ленина» колхозсенчи комсомолецсемпе çамрăксен занятисене пĕр сиктермесĕр çӳреççĕ. Кружоксен руководителĕсем — Опритова, Власов, Храмова, Алексеев юлташсем занятисене идея тĕлĕшĕнчен çӳлĕ пусăмра тата пĕр сиктермесĕр ирттереççĕ. Вĕренекенсем занятисенче каласусене активлăн хутшăнаççĕ. Вĕсем партин XIX-мĕш съезчĕн материалĕсене уйрăмах интересленсе вĕренеççĕ.

Анчах, пĕтĕмĕшпе илсен, ВЛКСМ райкомĕ комсомолецсемпе çамрăксен вĕренĕвне начар организациленĕ. ВЛКСМ райкомĕпе хăшпĕр пуçламăш организаци секретарĕсем тата штатра тăман пропагандистсем çак отраслĕ ĕç çине çиелтен пăхнине пула 11 кружок халĕ те ĕçе тытăнман. «Коллективист», Мичурин ячĕпе тата ытти хăшпĕр колхозсенчи кружоксемпе политшкулсем занятисене сайра хутра тата идея тĕлĕшĕнчен аялти пусăмра ирттерсе пынă. Занятисене йĕркеллĕ çӳременнисем нумай. КПСС райкомĕ ирттерекен семинарсене политшкулсен руководителĕсем пурте çӳремеççĕ. Ĕç çакăн пек начар пырать пулин те ВЛКСМ райкомĕн бюровĕнче комсомол организаци секретарĕсемпе штатра тăман пропагандистсен отчечĕсене вĕренӳ çулĕ пуçланнăранпа та пĕрре те итлемен.

ВЛКСМ райкомĕ марксизм-ленинизм теорине харпăр хăй тĕллĕн вĕренекенсен ĕçне тĕрĕслесе тăмасть, харпăр хăй тĕллĕн вĕренекенсене пулăшас шутпа лекцисем йĕркеллĕ ирттерсе пымасть.

КПСС райкомĕн бюровĕ ВЛКСМ райкомĕн секретарĕсене — В. Михатайкинпа С. Данилов юлташсене, вĕсем политикăллă вĕренӳ ĕçĕнчи çитменлĕхсене пĕтерме тăрăшманнине кăтартса пачĕ тата кружоксемпе политшкулсен ĕçĕсене йĕркелесе яма, комсомолецсемпе çамрăксен политикăллă пĕлĕвĕсене хăпартас ĕçе лайăхлатма хушрĕ.

**В. ЧОБАЙКИН.**

# Тĕнчери халăхсем аслă Сталин ĕçне малалла туса пыма тупа тăваççĕ

### Китай Халăх Республики

ПЕКИН, мартăн 11-мĕшĕ. (ТАСС). Китай Халăх Республикинчи ĕçсыннисем, халăхсен аслă çулпуçĕ И. В. Сталин юлташ вилнĕ пирки хурланса, Китайпа Совет Союзĕ хушшинчи туслăха тата ытларах тĕреклетме, сыхлăха ÿстерме, Совет Союзĕн малта пыракан опытне çине тăрса вĕренме тупа тăваççĕ.

Хаçатсем паян Китай предприятийĕсенче ĕçлекен рабочисемпе служащисем Совет Союзĕнчи рабочисем патне янă çырусене пичетлеççĕ. Шицзиншаньри металлурги комбиначĕн коллективĕ çапла çырать: «Çак хурлăхлă кунсенче эпир, Шицзиншаньри металлурги комбинатĕнче ĕçлекен рабочисем, хамăр хурлăхран вăй тума çирĕппĕн йышăнтăмăр, хамăр çĕршыври строительство ĕçĕсене тата ытларах вăйлатса пырăпăр».

Çырура малалла çапла каланă: «Совет Союзĕнчи хаклă тăванăмăрсемпе рабочисем! Эсир—пирĕн чи лайăх туссем тата пирĕншĕн чи лайăх тĕслĕх. Эпир, комбинат рабочийĕсемпе служащийĕсем председатель Мао Цзэ-дун, Китайри Коммунистсен партийĕ тата Центральнăй халăх правительстви тавра тата тачăрах пĕтĕçетпĕр; Совет Союзĕнчи халăхсемпе, Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕпе, Совет Правительствипе пĕтĕçетпĕр, сыхăлăха тата ытларах ÿстеретпĕр, Совет Союзĕ ертсе пыракан демократиллĕ мир лагерьне тĕреклететпĕр, темиçе хут ытларах вăй хурса ĕçлетпĕр, хамăр çĕршыври строительство планĕсене тултарма сирĕн малта пыракан опыта вĕренетпĕр, хамăрăн тăван çĕршыва индустриализацилессишĕн кĕрешетпĕр».

ПЕКИН, мартăн 11-мĕшĕ. (ТАСС). Синьхуа агентствин корреспонденчĕ Лхасăран пĕлтернинче çапла каланă: виçĕ кун хушши—мартăн 7-мĕшĕнчен пуçласа 9-мĕшне çитиччен И. В. Сталин юлташ вилнĕ пирки асăнса Тибетра ялавсене тайăлтарса тăнă. Далай-лама тата вырăнти Тибет правительстви хушнă тăрăх, çĕршывра мĕнпур савăнăçлă ĕçсене чарса лартнă. Мартăн 9-мĕшĕнче Лхасăра траурлă митинг пулнă.

И. В. Сталина асăнса, Лхасăра тăракан Ирĕклĕхшĕн кĕрешекен çар чаçĕсенче митингсем пулса иртнĕ. Салтаксемпе офицерсем Китайпа Совет Союзĕ хушшинчи союза çирĕплетессишĕн пĕтĕм вăя хурса ĕçлеме чаплă сăмах панă.

### Чехословаки

ПРАГА, мартăн 11-мĕшĕ. (ТАСС). Паян «Руде право» хаçат «Аслă тупа» ятлă умстатья пичетлесе кăларнă.

Пĕтĕм прогрессивлă этемлĕх, тесе çырать хаçат, Сталин юлташа юлашки çула ăсатрĕ. Мĕнпур национальноçсемпе расăсен çыннисем хăйсен аслă учителĕпе сывпуллашрĕç. Аслă Сталин мĕнпур ахаль çынсем çинчен шухăшласа пурăннă, вĕсене телей кÿрес тесе хăйĕн пĕтĕм пурнăçне панă.

Геройла совет халăхĕ И. В. Сталин тупăкĕ хыççăн пысăк хурлăхпа пычĕ. Çулпуçа çухатнă пирки хурлăх пысăк, анчах совет халăхĕ хăйĕн вăй-халне çухатмарĕ. Вăл И. В. Сталин юлташ хушса хăварнисене пурнăçлама, коммунизм туча хăйĕн ирĕкне тата ытларах тĕреклетрĕ.

«Хăйĕн иксĕлми вăйĕсемпе майĕсене çирĕппĕн шанса тăрса, совет халăхĕ коммунизм строительствин аслă ĕçне туса пырать»,—терĕ Маленков юлташ совет халăхĕ ячĕпе И. В. Сталин тупăкĕ умĕнче.—Совет обществи коммунизм патнелле çĕнтерÿллĕн утса пырассине чарса лартма пултаракан вăйсем тĕнчере çук!

Ĕмĕрлĕхех сывпул, пирĕн учитель, çулпуç, пирĕн халăх тус, тăван Сталин юлташ!

Ленинăн—Сталинăн аслă ĕçĕ пĕтĕмпех çĕнтересси патне—малалла!»

Ленинăн—Сталинăн аслă ĕçне çирĕп тытса пыма Совет халăхĕпе пĕрле мĕнпур çĕршывсенчи миллионшар ĕçсыннисем тупа турĕç.

### Польша

ВАРШАВА, мартăн 11-мĕшĕ. (ТАСС). Паян Польшăри пур хаçатсем те пĕтĕм тĕнчери ĕçсыннисен аслă çулпуçĕпе учительне Иосиф Виссарионович Сталина асăнса статьясем пичетлеççĕ.

«Сталин пирĕнтен уйрăлса кайрĕ, анчах сталинла руководство юлчĕ,—тесе çырать «Жице Варшавы» хаçат.—Вăл Советсен çĕршывне çирĕп те шанчăклă алăпа ертсе пырать, тĕнчери халăхсем ун çине шанса пăхаççĕ. Вăл аслă Ленин — Сталин партине — тĕнчери коммунистсен мĕнпур партийĕсемпе рабочисен партийĕсене ертсе пыракан партие вăйлă та шанчăклă алăпа ертсе пырать.

Хăйĕн рабочи класĕ тавра, унăн авангарчĕ—Польшăри рабочисен пĕрлешнĕ партийĕ тавра, унăн руководителĕ тата юратнă çулпуçĕ Болеслав Берут тавра пĕтĕçнĕ Польша халăхĕ Сталин çĕршывĕпе тытакан туслăха тата ытларах тĕреклетет, сталинла руководствăна чĕререн шанса тăрать».

### Венгри

БУДАПЕШТ, мартăн 11-мĕшĕ. (ТАСС). Паян тухнă хаçатсем И. В. Сталин ячĕпе статьясем пичетлесе кăларнă.

«Непсава» хаçат «Сталинăн мир ялавне тата çÿлерех çĕклер!» ятлă умстатьяра çапла çырать:

Ленин хушса хăварнисене пурнăçласа, Сталин мире хÿтĕлемелли политика тытса пынă. Сталинăн мир политики Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕпе Совет правительствин тулашри политики пулнă, вăл малашне те çавăн пекех пулса юлать. Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕ халăх партийĕ пулса тăрать, Совет Союзĕн правительстви—халăх правительстви. Вăл Совет Союзĕнчи халăхсемпе пĕтĕм тĕнчери халăхсен интересĕсене хÿтĕлет.

### Болгари

СОФИЯ, мартăн 11-мĕшĕ. (ТАСС). Болгарири пур хаçатсем те халăхсен юратнă çулпуçĕпе учителĕн — аслă Сталинăн çутă ятне асăнса статьясем пичетлеççĕ.

Болгари халăхĕ, тесе çырать «Отечествен фронт» хаçат, Сталин юлташăн вилĕмсĕр идейисенчен, вăл хушса хăварнă таса ĕçсенчен нихçан та кăялла чакас çук тесе, Болгарипе Совет Союзĕ хушшинчи туслăх ялавне тата çÿлерех çĕклеме пулса, ĕçсем кирек мĕнле килсе тухсан та совет халăхĕпе пĕрле пыма тупа тăвать.

### США

НЬЮ-ЙОРК, мартăн 11-мĕшĕ. (ТАСС). «Дейли уоркер» хаçат çырнă тăрăх, «Халăхсем хушшинчи мире çирĕплетнĕшĕн» паракан тĕнчери Сталинла преми лауреачĕ Поль Робсон Совет Союзне çакăн пек телеграмма янă:

«Сирĕн руководитель тата пĕтĕм тĕнчери миршĕн кĕрешекен миллионшар борецсен руководителĕ вилнĕ пирки эпир чĕререн кулянатпăр. Сталинăн ырă тĕслĕхĕпе хавхаланса, миршĕн тата пĕр-пĕринпе мирлĕ пурăнассишĕн кĕрешĕве малалла вăйлатса пымалла...»

Авраам Линкольн бригадинчи ветерансем (Франкона хирĕç республикăллă Испани çарĕнче çапăçнă Америка добровольцĕсен организацийĕ.—Ред.) Пĕрлешнĕ нацисен организацийĕнчи совет делегацийĕ ячĕпе хурланса телеграмма янă.

«Дейли уоркер» хаçат паллă негр ученăйĕн—Дюбуа докторăн заявленине пичетлесе кăларнă. Унта çапла каланă: Америкăри мĕнпур тĕшмĕшлĕхсен тата хĕсĕрленисен йывăрлăхне тÿссе курнă çынсем Иосиф Сталина асра тытса тăччăр. «Национальноçсен ĕçĕсен Халăх Комиссарĕ пулса, вăл тĕшмĕшлĕхсене хирĕç кĕрешнĕ, ку чухнехи ирĕклĕ пĕрремĕш государство туса хума пулăшнă, çав государство расăллă дискриминацие пĕтерсе хунă».

### Англи

ЛОНДОН, мартăн 11-мĕшĕ. (ТАСС). Совет посольствине компартин Лондон округ комитечĕн, Англири комсомолăн Нациллĕ комитечĕн тата Великобританири комсомолăн Лондон округ комитечĕн делегацийĕсем пырса кайнă, вĕсем И. В. Сталин юлташăн портречĕ умне чечек кăшăлĕсем хурса хăварнă.

Посольствăна политика, профсоюз, кооперации организацийĕсенчен çырусемпе телеграммăсем, çавăн пекех тата уйрăм çынсенчен посланисем нумай килсе тăраççĕ. Вĕсенче Англи халăхĕ хурланни çинчен тата хăйсем совет халăхĕпе пĕрле куляни çинчен пĕлтереççĕ.

Лейбористсен партийĕн Лоустофтри тата Хэмпстедри (Лондон) организацийĕсем хурланни çинчен пĕлтерсе çырусем янă. Вĕсенчен пĕрне лейбористсен партийĕн унти организацийĕн çуллен пулакан конференцийĕнче йышăннă.

Хурланса пĕлтернисем çавăн пекех электропромышленность рабочийĕсен профсоюзĕн Хэйсри (Мидлсекс) уйрăмĕнчен, машиностроительсен пĕрлешнĕ профсоюзĕн Финчлири (Лондон) уйрăмĕнчен, строительствăра ĕçлекен рабочисен пĕрлешнĕ профсоюзĕн Брикстонри уйрăмĕнчен тата ытти нумай профсоюз организацийĕсенчен, çавăн пекех тата ĕçсыннисен ушкăнĕсемпе уйрăм çынсенчен нумай килнĕ.

### Ливан

ПАРИЖ, мартăн 11-мĕшĕ. (ТАСС). Франс Пресс агентствин корреспонденчĕ Бейрутран пĕлтернĕ тăрăх, мартăн 10-мĕшĕнче каçхине Ливанри депутатсен палатин членĕсем Генералиссимус И. В. Сталин ятне ура çине тăрса тата пĕр минут хушши шăп пулса асăннă.

### Аргентина

БУЭНОС-АЙРЕС, мартăн 7-мĕшĕ. (ТАСС). Халăхсен аслă çулпуçĕ И. В. Сталин юлташ вилни пĕтĕм Аргентина халăхне хурлантарать. Çак хурлăхлă хыпар кĕске вăхăт хушшинче Аргентина хулисемпе ялĕсене çитнĕ. Çĕр чăмăрĕ çинчи мĕнпур халăхсемпе пĕрле Аргентинăри ĕçсыннисем совет халăхĕпе пĕтĕм прогрессивлă этемлĕх умне килсе тухнă йывăр çухату пирки чĕререн хурланаççĕ.

Мартăн 6-мĕшĕнче Буэнос-Айрес хулинчи тата провинцисенчи фабрикăсемпе заводсенче ĕçлекен рабочисемпе служащисем 5—10 минут хушши ĕçлеме чарăннă. Хурлăхлă митингсемпе пухусем, Иосиф Виссарионович Сталин пурнăçĕпе ĕçĕсем çинчен докладсемпе калаçусем иртереççĕ.

# ООН Генеральнăй Ассамблейин VII-мĕш сессийĕ

## Политикăллă комитетра

НЬЮ-ЙОРК, мартăн 10-мĕшĕ. (ТАСС). Ĕнер кăнтăрлахи ларура Политикăллă комитет Греци ыйтăвне сÿтсе явма тытăннă.

Греци делегачĕ намăса пĕлмесĕр сĕмсĕррĕн: халăх демократи çĕршывĕсенче тата Совет Союзĕнче Грецин çар çыннисем 3 пин ытла пурăнаççĕ, тенĕ. Грецири граждан вăрçи вăхăтĕнче, тенĕ вăл, Греци партизанĕсем çар çыннисене тыткăна илнĕ, вара вĕсене Грецин Çурçĕр енчи кÿршĕллĕ çĕршывсен аллине панă, хальхи вăхăтра çак çĕршывсем çав çар çыннисене, вĕсем килĕсене каялла таврăнасшăн пулсан та, хăйсен аллинче тытса тăраççĕ. Греци делегачĕ çакăн пек калани вырăнсăр пулнине — вăл хăй çакăн пек каланине çирĕплетме пĕр факт та илсе кăтартма пултараймanni те лайăх кăтартса парать. Вăл: «çак информаци ăçтан тухнине каласа пама пултараймастăп», тенĕ.

Ун хыççăн тухса каланă США, Англи, Перу, Франци делегачĕсем те çав юррах юрланă, халăх демократи çĕршывĕсемпе Совет Союзĕнче темĕнле Греци çар çыннисене «вăйпа тытса чарни» çинчен сÿпĕлтетнĕ. Çакă тĕлли-паллисĕр элеке тахçанах тăрă шыв çине кăларнă ĕнтĕ. Перу делегачĕ Дани, Çĕнĕ Зеланди тата Перу делегацийĕсем тăратнă резолюци проектне хÿтĕлесе сăмах каланă. Резолюцин çак проекчĕ Генеральнăй Ассамблея председательне юри шухăшласа кăларнă çак ыйту тăрăх Греци çар çыннисене тытса чарнă текен государствăсен правительствисемпе консультаци ирттерме, тата ун çинчен Генеральнăй Ассамблейăна пĕлтерме хушать.

Польша представителĕ Виневич конкретлă фактсемпе Греци элекĕ вырăнсăр пулнине кăтартса панă, халăх демократи çĕршывĕсенче те, Совет Союзĕнче те 382 (V) ятлă резолюцире асăнакан нимĕнле Греци çар çыннисем те çук, тенĕ вăл. Греци делегацийĕн элекĕ вăл çук япалана пур тесе калама пăхни пулать. Çапла майпа вĕсем Генеральнăй Ассамблейăн сессийĕн пуçламăшĕнчех халăх демократи çĕршывĕсемпе Совет Союзĕ çинчен элек сарасшăн. Çак вырăнсăр элеке Пĕрлешÿллĕ Штатсем кăтартнипе тăратнă.

Польша представителĕ Перу, Дани, Çĕнĕ Зеланди тăратнă резолюци проектне хирĕç каланă, Комитета çак проекта сирсе яма чĕннĕ.

Çакăнпа Политикăллă комитетăн ларăвĕ хупăннă.

НЬЮ-ЙОРК, мартăн 11-мĕшĕ. (ТАСС). Ĕнерхи ирхи ларура Политикăллă комитет Греци элекне малалла сÿтсе явнă.

Ларура тухса каланă Турци, Çĕнĕ Зеланди, Уругвай, Голланди, Югослави, Бразили тата Америкăпа Англи блокне кĕрекен ытти хăшпĕр çĕршывсен делегачĕсем халăх демократи çĕршывĕсемпе Совет Союзĕ Греци çар çыннисене хăйсем патĕнче тытса тăраççĕ, тесе сÿпĕлтетме чарăнман. Анчах тухса калакансенчен пĕри те хăйсен сăмахĕсене çирĕплетме нимĕнле факт та илсе кăтартма пултарайман, мĕншĕн тесен ун пек фактсем тĕнчере çук. Вĕсем пурте Греци элекĕ пирки Дани, Çĕнĕ Зеланди тата Перу тăратнă резолюцин проектне хÿтĕленĕ.

Çакăнпа Комитетăн ларăвĕ хупăннă, мĕншĕн тесен тухса калас текенсем урăх пулман.

## Пĕрлехи лару

НЬЮ-ЙОРК, мартăн 11-мĕшĕ. (ТАСС). Ĕнер Генеральнăй Ассамблейăн пĕрлехи ларăвĕ пулса иртнĕ, унта «ООН Генеральнăй секретарĕн ООН персоналĕ тĕлĕшĕнчи политики çинчен» сÿтсе явма тытăннă.

Законсăр йĕркепе генеральнăй секретарь вырăнне йышăнакан Трюгве Ли ларура тухса каланă. Вăл хăйĕн сăмахĕнче пĕтĕм тĕнчери организаци секретариачĕн ĕçне США правительстви законсăр йĕркепе хутшăннине тÿрре кăларма пăхнă. Трюгве Ли пĕтĕм вăйне хурса хăйне «ООН интересĕсене» хÿтĕлекен çын пек кăтартма хăтланнă. Çав вăхăтрах вăл чăннипе США госдепартаменчĕ мĕн хушнă, çавна тăвакан çын кăна пулса тăрать.

ООН уставĕн 100-мĕш статьи çапла калать: «Хăйсен ĕçĕсене тунă чухне генеральнăй секретарь тата секретариат персоналĕ нимĕнле правительствăран та нимĕнле кăтарту та ыйтса илме пултараймасть». Анчах Трюгве Ли хăйĕн сăмахĕнче ирĕксĕрех çакна йышăннă: вăл хăй мĕн ĕçлеме пуçланă малтанхи кунсенченех тытăнсах ООН секретариачĕн личнăй составне тивекен ыйтусем тăрăх США правительствин шухăшĕсене нумай хутчен ыйта-ыйта пĕлнĕ. Трюгве Ли Америка влаçĕсенчен ырă ят илтме тăрăшать. Вăл намăса пĕлмесĕр ООН секретариачĕн сотрудникĕсем «шанчăклă пулнине» тĕрĕслеме президент приказне хăварт пурнăçа кĕртме пулăшни çинчен, ку ĕçре ăна США правительстви пулăшни çинчен каланă.

«США президенчĕ приказ кăларсанах,— тенĕ Трюгве Ли,— маншăн, США правительствишĕн пекех, Пĕрлешнĕ Нацисен Организацийĕпе унăн персоналĕн интересĕсемшĕн» ООН-ра ĕçлекен американецсене хăвăртрах тĕрĕслесе тухма кирли паллă пулса тăчĕ. Çак тĕллевпе Трюгве Ли Америка охранкине секретариатра ĕçлекен работниксен пÿрнисене пустарнă паллăсене илме ирĕк панă. Çак киревсĕр те намăсла ĕçсем тума ирĕк панăшăн хăйне тÿрре кăларас шутпа Трюгве Ли: çак ĕçсене туса ирттерни США-н шалти хăрушсăрлăхĕ валли, «виççĕмĕш тĕнче вăрçине сирсе яма», Америкăра коммунистсене хирĕç кĕрешме кирлĕ пулнă, тенĕ.

Трюгве Ли юлашки вăхăтра Америка охранки ООН-ра уççăнах хуçа пулса тăнине те йышăнмасăр иртме пултарайман. США охранки ООН сотрудникĕсене тĕрлĕрен пысăк анкетăсем çыртарса илет, вĕсен пÿрне паллисене пустарса илет. «Паллах,— эпĕ çак ĕçсене пÿрне те полици участокĕнче туса ирттермелле тума пултарнă,— тесе хăйне тÿрре кăларма пăхнă Трюгве Ли,— анчах та ун пек тунă пулсан, ку ĕç ытла та нумай вăхăта пынă пулĕччĕ». Трюгве Ли тата ĕçе çакна майлă та илсе кăтартма пăхнă. Унăн шучĕпе, Америка влаçĕсене Пĕрлешнĕ Нацисен Организацийĕн çуртĕнче допроссем тума тата пÿрне паллисене пустарса илме ирĕк паман пулсан, ку вăл «ООН секретариачĕн авторитетне хавшатма пултарнă» пулать!

Трюгве Ли хăйĕн сăмахĕпе тата тепĕр хут вăл хăй США государство департаменчĕн агенчĕ пулса тăнине тата ООН-а вăрçă чĕртекенсем хушнисене туса тăракан орган туса хурас тĕлĕшпе Америка планĕсене пурнăçлама пур майсемпе те пулăшса пынине кăтартса панă.

Трюгве Ли сăмах каланă хыççăн лару хупăннă.

# Корейăри ĕçсем

### Халăх çарĕн Главнăй командованийĕ пĕлтерни

ПХЕНЬЯН, мартăн 11-мĕшĕ. (ТАСС). Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Халăх çарĕн Главнăй командованийĕ паян çапла пĕлтернĕ: Корея Халăх çарĕн соединенийĕсемпе Китай халăх добровольцĕсен чаçĕсем пур фронтсенче те Америкăпа Англи интервенчĕсене тата Ли Сын Ман çарĕсене хирĕç артиллерирен персе çапăçнă.

ПХЕНЬЯН, мартăн 12-мĕшĕ. (ТАСС). Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Халăх çарĕн Главнăй командованийĕ мартăн 12-мĕшĕнче çапла пĕлтернĕ: Корея Халăх çарĕн соединенийĕсемпе Китай халăх добровольцĕсен чаçĕсем Америкăпа Англи интервенчĕсене хирĕç оборонăра тăрса çапăçнă.

Тăшман самолечĕсене хирĕç кĕрешекен салтаксем паян тăшманăн 2 самолетне персе ÿкернĕ.

# Театр 35 çул тултарнă ятпа

Чăваш государство академи театрĕ 35 çул тултарать. Çавна май театр коллективĕ Шупашкарта спектакльсен вунăкунлăхне ирттерет. Вунăкунлăх мартăн 14-мĕшĕнче К. В. Ивановăн «Нарспи» поэми тăрăх çырнă постановкăпа пуçланать.

Вунăкунлăх вăхăтĕнче театр коллективĕ хăйĕн репертуарĕнчи чи лайăх постановкăсене кăтартать. Вăл шутра Ф. П. Павловăн «Ялта» пьеси пур. Ăна театр 31 çул хушшинче 600 хут кăтартнă. П. Н. Осиповăн «Айдар» пьесине 26 çул хушшинче 480-мĕш хут кăтартать. Вунăкунлăх вăхăтĕнче çавăн пекех В. Ржановăн «Энтип», А. Эсхельпе Т. Фандеевăн «Виçĕ туй», Сталинла преми лауреачĕ Н. Дьяконов çырнă «Парнеллĕ туй», Н. В. Гоголь çырнă «Ревизор» пьесăсене кăтартаççĕ.

Театр коллективĕ юбилей кунĕсенче Сĕнтĕр, Шупашкар, Çĕрпÿ, Чурачăк, Муркаш, Шăхасан, Канаш район центрĕсенче тата пысăк колхозсенче пулса «Виçĕ туй» тата «Çемье чысĕ» пьесăсене кăтартать. Спектакльсем пуçланас умĕн артистсем театр коллективĕн творчествăллă ÿсĕмĕ çинчен отчет туса параççĕ.

# Вырăс драма театрĕ Çĕмĕрлере

Республикăри вырăс драма театрĕн коллективĕ Çĕмĕрлене гастроле тухса кайрĕ. Мартăн 13-мĕшĕнче комбинат клубĕнче Г. Мдиванипе А. Киров çырнă «Молодой человек» ятлă постановка пулчĕ. Театр коллективĕ Çĕмĕрлере 11 кун хушши пулса А. Симуковăн «Девицы-красавицы», Я. Апушкинăн «Богатырский сказ», А. Галичпа К. Исаевăн «Вас вызывает Таймыр», О. Васильевăн «Земной рай», А. Н. Островскин «Невольницы», П. Кальдеронăн «Дама невидимка» тата ытти пьесăсене те кăтартать.

Театр коллективĕ Канашра, Вăрнарта, Пăрачкавра, Хĕрлĕ Чутайра тата Горький облаçĕнчи Пильнăра пулса спектакльсем кăтартать.

### Йĕлтĕрçĕсен эстафетăллă ăмăртăвĕ мартăн 15-мĕшĕнче пулать

Йĕлтĕрçĕсен «Коммунизм ялавĕ» хаçат парнисене илмелли эстафетăллă ăмăртăвне ирттерес тĕлĕшпе ĕçлекен оргкомитет ăмăртăва çитес вырсарникун, мартăн 15-мĕшĕнче ирттерме йышăннă.

Ăмăрту Атăл çинче, Хресчен çурчĕ тĕлĕнче пулать.

# ПĔЛТЕРНИ

Мартăн 14-мĕшĕнче, 19 сехетре, КПСС хула комитечĕн библиотека çуртĕнче И. В. Сталинăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăлла проблемисем» ятлă произведенине харпăр хăй тĕллĕн вĕренекенсем валли лекци пулать. Тема: «Социализм вăхăтĕнчи таварлă производствăпа хаклăх законĕ». Лектор—Ф. С. Петров юлташ.

КПСС ХУЛА КОМИТЕЧЕ.

# Паллă совет писателĕ тата педагог

*(А. С. Макаренко çуралнăранпа 65 çул тултарнă тĕле)*

А. С. Макаренко—паллă совет писателĕ, паллă педагог. Вăл çуралнăранпа мартăн 13-мĕшĕнче 65 çул тултарчĕ.

А. С. Макаренко чугун çул мастерскойĕнче ĕçлекен рабочи çемйинче 1888 çулта çуралнă. Вунçичĕ çулта, вырăссен пĕрремĕш революцийĕ тапраннă вăхăтра, вăл педагог пулса ĕçлеме тытăнать, патша влаçне хирĕç тăракан рабочисемпе паллашать, вăрттăн ĕçлекен марксистсен кружокне хутшăнать. Октябрьти Аслă революци хыççăн унăн пултарулăхĕ пĕтĕм хăвачĕпе аталанма тытăнать. Вăл хăйĕн пысăк талантне çамрăк ăрăва вĕрентсе çитĕнтерес ĕçе парать.

1920 çулта ăна тăлăх ачасен колонийĕн заведующийĕ туса хураççĕ. Полтава çывăхĕнче М. Горький ячĕпе тăракан ачасен ĕç колонийĕ çуралать. Çав колонирен Тăван çĕршыва чун-чĕререн парăннă çĕршер патриот вĕренсе тухнă.

А. С. Макаренко çамрăк совет педагогикине аталантаракансенчен пĕри пулнă. Вăл воспитани ĕçĕнче çĕнĕ меслетсемпе усă курнă. Ăна ырми-канми ĕçре марксизм-ленинизм науки хавхалантарнă, буржуаллă педагогикăн юлашкийĕсемпе кĕрешме вăй панă. Макаренко педагогикăллă ĕçе совет влаçĕн черетлĕ задачисемпе, политикăллă ыйтусемпе тачă çыхăнтарнă.

Ленинпа Сталин коммунистла воспитани çинчен вĕрентнипе хĕçпăшалланса, Макаренко çынна коллективра, коллектив валли воспитани парас ыйтусене татса парать. Унăн пĕтĕм ĕçĕ М. Горький ячĕпе тăракан колонири коллективран пуçлансă кайть. Обществăшăн усăллă тата пултаруллă ĕç колонири ачасене пĕр çирĕп ушкăна чăмăртать, вĕсене коммунистла моральпе çирĕплетсе ÿстерет, вĕсенчен чăн-чăн совет çыннисем туса хурать.

Çирĕп коллектив тăвассишĕн пĕтĕм хастарлăхпа ĕçлесе, Макаренко çав хушăрах кашни ача ÿсĕмне тимлĕн сăнанă. Çынсене юратма, хисеплеме, вĕсенчен çулăмлă патриотсем тума Макаренко Максим Горькийчен вĕренсе пынă. Каярахпа ăна аслă Горький писатель çулĕ çине тăма та хистĕ пулăшнă. Макаренко хăйĕн педагогикăллă çĕнĕ системине педологи текен суя наукăн буржуаллă «теоретикĕсемпе» хаяррăн кĕрешсе аталантарса пынă.

А. С. Макаренкăн педагогикăллă ĕçĕ уйрăммăнах 1927—1935 çулсенче, Украина чекисчĕсем организациленĕ Дзержинский ячĕпе тăракан коммунăра вăйлăн саралать. Кунта вăл Горький ячĕпе тăракан колонире тунă традицисемпе меслетсене малалла сарса пырать, ачасене пур енчен те пултаруллă пулма вĕрентет.

А. М. Горький Макаренкăн педагогикăллă ĕçне калама çук пысăка хурса хакланă: «Эсир 12 çул хушши ĕçлерĕр, сирĕн ĕçĕрсене хакласа çитерме те хĕн... Эсир туса ирттернĕ тĕлĕнмелле педагогикăллă эксперимент, ман шухăшпа, пĕтĕм тĕнчешĕн паллă пулса тăмалла»—тесе çырнă вăл ун патне.

А. С. Макаренко чаплă педагог-практик çеç пулман, вăл хăйĕн паха опытне литературăллă произведенисенче те пĕтĕçтернĕ. Çав произведенисем Макаренко пысăк ученăй-теоретик, художник, социализмлă реализм мастерĕ пулнине кăтартса параççĕ. Вĕсенче автор пурнăçри чĕрĕ çынсен сăн-сăпатне туллин те тĕрĕс кăтартса панă.

«Педагогикăллă поэмăна» Макаренко вунă çул хушши (1925—1936 ç. ç.) çырнă, вăл унта Горький ячĕпе тăракан колонири опыта пĕтĕçтернĕ. Макаренко хăйĕн поэминче кивĕ пурнăç, кивĕ йăла пăсса пĕтернĕ ачасем ÿссе, çĕнелсе пынине, вĕсен чун-чĕринче коммунистла мораль çирĕпленсе пынине кăтартать. Ĕçри коллектив çав ачасене çын туса, аслă пурнăç çулĕ çине тăратнă.

«Педагогикăллă поэмăри» тĕп герой — коллектив. Автор ăна новаторла кăтартса панă. Вăл хăй çине йывăр та ответлă ĕç илнине лайăх ăнланнă, çавăнпа та вăл Горький патне: «Пĕтĕм коллектив пурнăçне çырса кăтартнă чухне, эпĕ кашни çыннăн уйрăмлăхне те кăтартма тăрăшрăм» тесе çырнă. Писатель-педагог çак ĕçе питĕ лайăх пурнăçланă, мĕншĕн тесен вăл коллектива коллективри уйрăм çынсен сăнĕсемпе характерĕсем урлă кăтартнă.

«Педагогикăллă поэма» — социализмлă çĕнĕ пурнăç ÿссе, çирĕпленсе пынине кăтартса паракан поэма. Çав вăхăтрах Макаренко ĕçри йывăрлăхсене те, çамрăк ăрăва пăхса ÿстерес ĕçре класлă кĕрешÿ пынине те тарăн кăтартса парать. Автор сатирăллă сăнсем урлă «олимпиец-ученăйсене» питлет, совет педагогикине хирĕç пыракан «теорисене» аркатса, тăрă шыв çине кăларать. Ахалтен мар Макаренко хăйĕн «Поэмине» кĕрешÿ кĕнеки тесе ят панă. Ку кĕнекере, малтан пуçласа вĕçне çитиччен, хаяр та çивĕч кĕрешÿ пырать, çĕнни киввине çĕнтерет. «Педагогикăллă поэма» совет литературин ылтăн фондне кĕнĕ.

Юлашки çулсенче Макаренко пĕтĕмпех литература ĕçне куçнă. Профессионал-писатель пулсан та вăл, литературăна çивĕч хĕçпăшал вырăнне хурса, çаплах çĕнĕ пурнăçшăн, çĕнĕ этемшĕн кĕрешнĕ.

«Педагогикăллă поэма» хыççăн унăн творчествинче «Ачасен ашшĕ-амăшĕсем валли çырнă кĕнеке» тата «Башньăсем çинчи ялавсем» ятлă произведенисем пысăк вырăн йышăнаççĕ.

«Ачасен ашшĕ-амăшĕсем валли çырнă кĕнекере» писатель педагогикăллă канашсем панипе çеç чарăнса тăмасть, вăл тата философиллĕ, этикăллă, эстетикăллă ыйтусем те лартать. Макаренко хăйĕн кĕнекинче социализм обществинчи çемье ыйтăвне марксизм вĕрентĕвĕпе тачă çыхăнтарать. Çын çемьере хăйне хăй мĕнле тыткалани унăн гражданла, обществăлла сăн-сăпатне кăтартса парать, мĕншĕн тесен пирĕн çемье вăл — хăй коллектив, çамрăк ăрăва коммунистла воспитани паракан коллектив.

Ачасене çемьере тĕрĕс воспитани парассине тĕплĕн çутатса, Макаренко совет çыннин сăн-сăпатне социализмла реализм урлă туллин кăтартас ыйтăва та çивĕччĕн лартать. Çак кĕнеке совет çыннисене çамрăк ăрăва ÿстерес ĕçре ответлă пулма, çемье пĕрлĕхĕпе тасалăхне чыслăн тытса пыма вĕрентет.

«Башньăсем çинче ялавсем» произведенире Макаренко Дзержинский ячĕпе тăракан коммунăра пухăннă опытне пĕтĕçтерсе панă. Ку кĕнеке совет педагогикинче паллă вырăн йышăнать, çав вăхăтрах унăн литературăлла пахалăхĕ те пысăк, вăл—писатель творчествинчи çĕнĕ утăм. Эпир ку повеçре те Макаренко пурнăçпа тан утнине, пурнăçри çĕнĕ явленисене витĕр туйса тăнине уççăн куратпăр. Совет патриотизмне кулленех ÿстерсе, аталантарса пырасси—кĕнекен тĕп содержанийĕ пулса тăрать.

«Педагогикăллă поэмăра» Макаренко коллективпа уйрăм çын çинчен каласа панă пулсан, «Башньăсем çинчи ялавсем» повеçре вăл коллективпа уйрăм çын государствăпа тачă çыхăнса тăни çинчен каласа панă. Çакă ăна совет çыннисен патриотизмне, вĕсен ĕçри хастарлăхне, çынпа коллектив государствăпа пĕрле ÿссе пынине туллин кăтартма питĕ пысăк майсем панă.

А. С. Макаренко творчествинче литературăлла-критикăллă статьясем те пысăк вырăн йышăнаççĕ. Литературăри социализмлă реализм çине Макаренко ялан парти вĕрентнĕ пек, çирĕп принципа пăхнă. Вăл писательпе общество çинчен, темăсем суйласа илессипе творчествăри ăсталăх çинчен тата ача-пăча литератури çинчен каланисем паянхи кун та хăйсен пĕлтерĕшне çухатман.

А. С. Макаренко 1939 çулта, хăйĕн творчествăллă ĕçĕсем саралса пынă чухне, вилнĕ. Пĕтĕм пурнăçне вăл халăхшăн, Тăван çĕршывшăн панă. «Тĕлĕнмелле çын эсир. Сирĕн пек çынсене Русь кĕтет», тесе çырнă ун патне А. М. Горький 1926 çулта.

Макаренко произведенийĕсем, çамрăк ăрăва воспитани парас ĕçри унăн чаплă шухăшĕсем совет педагогикинче пысăк вырăн йышăнса тăраççĕ. Макаренко пирĕн çамрăксене вăйлă та хăюллă пулма, Тăван çĕршыв телейĕшĕн кĕрешме, çул çинчи чăрмавсене сирсе пыма, коммунизм тума вĕрентет.

Н. ДИКУШИНА,
филологи наукисен кандидачĕ.

Редактор В. Я. ЯКОВЛЕВ.





РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5, Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителĕ—3-99, ответлă секретарь—4-26, секретариат—3-54, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—5-74, парти пурнăç пайĕ—3-99, ялхуçалăх пайĕ—3-97, культура пайĕ—8-61, совет строительстви пайĕ—8-61, çырусен пайĕ—7-32, издательство кантурĕ—0-23.

НТ 01328 Типография №1 Чувашполиграфиздата. Тираж 20.000 экз.